ПЕТЕМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 4 ШăМАТКУН № 129 (9038)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Предприятисене хĕле вăхăтра, лайăх хатĕрлесе çитерессишĕн

Республикăри чылай предприятисем хĕлĕн-çăвĕн пĕр тикĕс ĕçлеççĕ, продукци туса кăларассине ÿстереççĕ. Çаванпа вĕсем государство заданийĕсене тăтăшах пурнăçлаççĕ.

Шупашкарти электроаппаратура тăвакан завод 1952 çулхи тăваттăмĕш кварталта тата кăçалхи пĕрремĕш квартала СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Завод директорĕпе парторганизаци кулленех ыйтусене, ăнăçлă татса панă вăхăтрах малашнехине те манмаççĕ. Хĕле вăхăтра, тĕплĕн хатĕрленсе çитнипе завод коллективĕ çивĕ çанталăкра та татти-сыпписĕр, тухăçлă ĕçлерĕ. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта завод, пĕлтĕрхи пĕрремĕш кварталтипе танлаштарсан, продукци нумайрах туса кăларчĕ. Вăл ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли, çĕнĕ ыйтнă изделисем туса кăлармалли задание те ăнăçлă пурнăçларĕ.

Çав вăхăтрах иртнĕ кĕрхунне хĕле чылай предприятисем çанталăк сивĕтнĕсемĕнех ĕç тухăçлăхне чакарчĕç, топливо, электроэнерги, чĕртавар нормăран ирттерсе расходлама тытăнчĕç. Чĕртаварпа топливо запасĕсем туса хуман пирки тата цехсене кирлĕ пек юсаса çитерменпирки Сĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, Етĕрнери çу завочĕ, Çĕрпÿри пир-авăр фабрики япăх ĕçлерĕç. Çулсене, машинăсене, тĕрлĕ механизмсене кирлĕ пек юсаманнипе, механизаторсен кадрĕсене çителĕклĕ вĕрентсе хатĕрлеменнипе кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрманпромхозсен вуншар автомашинисем тата механизмĕсем талăкĕ-талăкĕпе ахаль ларчĕç.

Асăннă тĕслĕхсенчен çакăн пек вывод тума пулать: предприятисене хĕле ĕçлеме хатĕрлесси кĕркунне тин тумалли ĕç мар. Хĕле лайăх хатĕрленмелле, предприятие çулталăкĕпех пĕр тикĕс ĕçлеттерме мĕн кирлине пĕтĕмпех çак кунсенче хатĕрлесе çитермелле. Çавăн пек тĕсан кăна пирĕн предприятисем çулталăкĕпех пĕр тикĕс ĕçлесе пыма, оборудованипе тухăçлă усă курма, продукци туса кăлармалли, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, тупăшсем илмелли плана уйăхран уйăха, кварталтан кварталта тултарса пыма пултарассĕ.

Иртнĕ хĕлти çитменлĕхсене асра тытса, чылай предприятисем хĕле хатĕрленме тытăнчĕç. Канашри вагонсем юсакан заводра цехсене, станоксене юсаççĕ, пурăнмалли çуртсем тăваççĕ, киввисене юсаççĕ, топливо запасĕсем тăваççĕ. Канашри тата Улатăрти пăравус деповĕсенче кадрсене хĕллехи вăхăтра ĕçлеме вĕрентеççĕ, локомотивсене юсаççĕ.

Чылай предприятисен, министерствăсемпе трестсен руководителĕсем халиччен пулнă йăнăшсемпе çитменлĕхсенчен пурпĕрех тивĕçлĕ вывод тумаççĕ-ха. Нумай çĕрте хĕле хатĕрлеме тытăнман. «Хĕл пуличчен вăхăт пур-ха, ĕлкĕрĕпĕр», — теççĕ хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем. Теприсем çакна манаççĕ: пирĕн предприятисем çулсерен ÿссе пысăкланаççĕ, çавăнпа вĕсене чĕртавар, топливо, электроэнерги ытларах та ытларах кирлĕ.

Иртнĕ хĕле япăх хатĕрленни мĕне пысăк йышăрлăхсем патне илсе пынине кăтартакан тĕслĕхсем нумай, пĕр-иккĕшне кăна илсе пăхăпăр. Куславккари суртсем тăвакан заводра çулла кирлĕ пĕренесем лайăх вырăна купаласа хуманнипе хĕлле 30 пин кубометр йывăçа пăр ватса кăларнă. Çавăн пирки государствăн çĕр-пĕр пин тенкĕ укçине усăсăр расходланă. Кунта кăçал та хĕле япăх хатĕрленеççĕ: цехсене юсаса ăшăтма тытăнман, электростанцие тума палăртнă ĕçсене вăраха янă. Сĕмĕрлерн сĕтел-пукан комбиначĕ çитес хĕлле ăнăçлă ĕçлесси пăс хуранĕсене вырнаçтарса лартнинчен килнине комбинат руководителĕсем пĕлмеççĕ мар, апла пулин те вĕсем çак ĕçе вăхăтра пурнăçлама çав-çавах таткăлă мерăсем йышăнмаççĕ.

Шăмăршăран, Первомайскинчен, Киреппен тата ытти çĕртен те вăрманпромхозсен руководителĕсем çуллахи вăхăтпа кирлĕ пек усă курма тăрăшмаççĕ, çитес сезона япăх хатĕрленни çинчен пĕлтереççĕ.

Предприятисене, стройкăсене, чугун çул организацийĕсене хĕллехи вăхăтра ĕçлеме хатĕрлесе çитересси—государствăн пысăк ĕçĕ. Халăх хуçалăх интересĕсем плана кашни предприяти, кашни чугун çул организацийĕ тăрă тăтăшах тултарса пыма хушаççĕ. Государство çуртсене, оборудованине, çулсене юсама укçа-тенкĕ, материалсем, механизмсем çителĕклĕ уйăрса парать, вĕсемпе тĕрĕс усă курни çеç кирлĕ. Хĕле хатĕрленес ĕçе пĕтĕм общественноç хутшăнтармалла. Кирек мĕнле ĕçĕн ăнăçлăхне те кадрсем пусăрулăх пулни, шалти резервсемпе туллин усă курма пĕлни, социализмла ăмăртăва анлăн сарни, çитменлĕхсене хăюллăн палăртни татса парассĕ.

Парти, профсоюз, хуçалăх тата комсомол организацийĕсен хăйсен коллективĕсене хĕле хатĕрленмелли ĕçсене пурне те вăхăтра тата пысăк пахалăхпа пурнăçлама мобилизацилемелле. Рабочисен пĕрлехи пухăвĕсенче, производствăлла канашлусенче хуçалăх руководителĕсен докладĕсене сÿтсе явни, çуртсемпе оборудовани юсас ĕç мĕнле пыни çинчен стена хаçачĕсемпе боевой листоксенче тăтăшах çутатни, общественноç смотрсем ирттерни—çаксем вĕсем пурте ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме, коллективăн пусăрулăхне пултарулăхне вăйлатма пулăшĕç.

Коммунистсен партийĕн Уставĕ предприятисенчи парторганизацисене администрации ĕçне тĕрĕслеме право парать. Çакă вăл парторганизацисене фабрикăн, заводăн, стройкăн экономикине тĕплĕн интереслене, цехсемпе бригадăсен ĕçне пурнăçне яланах лайăх пĕлсе тăма хушать, хуçалăх руководителĕсен йăнăшĕсемпе çитменлĕхĕсене вăхăтра палăртма тата йăнăш тăвасран сыхланма, аялтан килекен критикăна анлă сарма кирлине пĕлтерет. Устав панă правăпа усă курса, парторганизацисен предприятисене хĕле хатĕрлес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме тăтăшах пулать. Министерствăсемпе управленисен, трестсен, хула Совет исполкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен предприятисемпе стройкăсен ĕçĕпе кулаен интересленмелле, малта пыракан коллективсемпе рабочисен паха опытне анлăн сармалла, ĕçре тĕл пулакан йывăрлăхсене çийĕнчех пĕтерсе пымалла.

Атăлпа Сăр сывăхĕнчи предприятисемпе стройкăсен чи йÿнĕ транспорта — шыв-çул транспорчĕпе—чĕртавар, топливо, материалсем нумайрах кÿрсе килме тăрăшас пулать.

Хĕллехи вăхăтра чугун çул работникĕсем Тăван çĕршыв умĕнче пысăк экзамен тытаççĕ. Вĕсен грузсене вырăна кирек мĕнле çанталăкра та вăхăтра илсе çитермелле, поездсене татти-сыппиcĕр çÿретермелле. Çакна чыслăн пурнăçлас пырас тесен çулсене, пăравуссене, электростанцисене, водокачкăсене, урăхла каласан, транспортăн пĕтĕм кăткăс хуçалăхне çилĕ-тăманлă, çивĕ çанталăкра та сехет механизмĕ пек ĕçлеме çуллахи вăхăтра хатĕрлесе çитермелле.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ 1955 çулта промышленноç производствине шăйне, 1950 çулхипе танлаштарсан, 70 процента яхăн ÿстерме палăртрĕ. Çакна пурнăçласан промышленноç продукцийĕ тĕрлĕ çулхипе 1940 çулхипе танлаштарсан, вунçĕ хут ÿсет. Пиллĕкмĕш пиллĕк çуллăх плана пирĕн çĕршыв социализмран коммунизма куçмалли çулпа атăлана пырса, малалла çĕнĕ пысăк утăм тунине пĕлтерет.

Съезд решенийĕсене пурнăçлама мĕн кирли пирĕн пурте çителĕклĕ. Предприятисен малта пыракан техникăпа хĕçпăшалланнă. Çулсерен çĕнĕ фабрикăсемпе заводсем, электростанцисем ĕçе кĕреççĕ. Пуян опытлă, квалификациллĕ рабочисен, инженерсемпе техниксен нумай йышлă кадрĕсем ÿссе çитĕнчĕç. Производство кăвачĕсемпе, шалти резервсемпе туллин усă курни, кашни предприяти, стройка плана уйăхран уйăха тултарса пыни кирлĕ.

Хĕл умĕнхи ĕçсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа туса ирттерни предприятисен, стройкăсен, чугун çул организацийĕсен коллективĕсене çĕнĕ çитĕнÿсем тума пулăшĕ.

### Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

**П. И. КАЛИНКИНА ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР ÇĂМĂЛ ТАТА АПАТ-ÇИМĔÇ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ МИНИСТРĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН**

Прасковья Ивановна Калинкина юлташа Чăваш АССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноç министрĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ З. АНДРЕЕВА.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ Д. МИТЬКОВ.

Шупашкар хули, 1953 çулхи июлĕн 2-мĕшĕ.

### Краснохолмски пир-авăр комбиначĕн ĕçлекенсен çитĕнĕвĕ

Красноxолмски комбиначĕ — Мускаври малта пыракан пир-авăр комбиначĕсенчен пĕри.

Комбинат коллективĕ планран ирттерсе 38 пин метр пир-авăр тĕртсе кăларнă. 100 ытла бригада пĕтĕмпех питтĕ лайăх продукци кăна кăларать. (ТАСС).

# Тăван çĕршывра

### Вăрман хатĕрлевĕнчи ĕçсене механизациленĕ

ПЕТРОЗАВОДСК, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Карелире вăрман хатĕрлевĕнче ĕçлекенсем механизмсемпе ĕçлеççĕ. Илĕпĕр, тĕслĕхрен, Пайски вăрманпромхозне. Кунта йывăç электропилăсемпе касса йăвантараççĕ, пĕренесене «КТ-12» трактора çÿлти склада турттарса каяççĕ. Унта йывăç материалсене автокранпа ансăр чугун çул платформи çине тиеççĕ те, анатри склада ăсатаççĕ. Платформăсем çинчи йывăçа та машинăсем пушатаççĕ. Унтан йывăçсене сортлама тытăнаççĕ. Пысăк пĕренесемпе штабельсем патне транспортер тăрăх илсе пыраççĕ. Чугун çул платформи çине ятарласа тунă кранcем пулăшнипе тиеççĕ.

«Южкареллес» трестне кĕрекен чылай предприятисем техника тĕлĕшĕнчен Пайски вăрманпромхозран кая юлмаççĕ. Трестра йывăç касса хатĕрлессине 97,8 процент, çулсем хĕрине илсе пырассине—80,5 процент, вагонсем çине тиессине—100 процент таран механизациленĕ.

### Выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлеççĕ

КИЕВ. Полтава облаçĕнчи совхозсем утă пухса кĕртсе пĕтерчĕ. Кашни ĕне выльăх валли çулталăка кирлĕ нормăран 60—70 процент ытлах утă хатĕрленĕ. Нумай çул ÿсекен акнă курăксене иккĕмĕш хут çулма хатĕрленеççĕ.

ЯКУТСК. Республикăри колхозсем общественноç выльăх-чĕрлĕх валли апат хатĕрлеме тытăнчĕ. Ĕçе механизацилемпе кăçал иртнĕ çулхинчен 10 пин тонна ытларах силос хывнă. Силос хывас ĕçе кăçал çĕнĕрен организациленĕ тăватă МТС хутшăннă.

НОВГОРОД. Облаçри колхозсенче тырпул пухса кĕртме тытăниччен силос хывмалли плана тултарассишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Залучье тата Шимск районĕсенчи колхозсем силос хывмалли плана тултарнă та ĕнтĕ.

Июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне облаçри колхозсем иртнĕ çулхине ку вăхăт тĕлне пулнинчен пилĕк хут ытларах силос хывнă.

Июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС).



Сталинградгидрострой. Симĕс утрав çинчен шлюз патне апат енчен пăрахутсем пымалли канал тума хатĕрленеççĕ. Пĕве Атăл шывне пÿлсен, вара Атăл çинчи пăрахутсем канал тăрăх шлюз патне пымалла пулать. Хăватлă машинăсемпе ĕçлесе, канал вырăнĕнчен тăпра чавса кăлараççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: тăпра чавса кăлармалли хăватлă çĕнĕ машина-струг ĕçре.

А. МАКЛЕЦОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Кĕрхи тулă пухса кĕртме тытăннă

КРАСНОДАР, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Кубаньре кĕрхи тулă пулса çитнĕ. Крайри палла механизатор, Социализмла Ĕç Геройĕ Дмитрий Кабанец хăйĕн агрегатне хире илсе тухнă.

Лаба районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз уй-хирĕсенче чылай вырăнта çумăр пулса иртнĕ хыççăн тырă вырттă. Анчах çакă вăл Дмитрий Кабанецăн чăрмав пулма пултарайман. Вăл комбайн çумне выртнă тырра çĕклемелли хатĕр вырнаçтарса лартнă. Çакă выртнă тырра хăварт тата таткăсăр пухса кĕртме май парать. Бункертан тырă таса тухать.

Итемсем çинче те хĕрÿ ĕç пусланнă. Уй-хиртен тырă пырса тăрать.

Кубаньри колхозсенче кашни бригадăрах механизациленĕ итемсем тунă. Колхозсем государствăна тырă парасси пысăк хăвăртлăхпа пулса пырать.

### Абхази сачĕсенче

СУХУМИ, июлĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Абхазири улма-çырла сачĕсенче персик, улма, груша пухса кĕртме тытăннă. Алычă, чие, ытти çырли, мушмала пухса кĕртеççĕ. «Грузконсервтрестăн» Абхази кантурĕ консерв промышленноçĕ валли, çавăн пекех Мускава тата çĕршыври ытти хуласене ăсатма икĕ пин çурă тонна яхăн улма-çырла хатĕрлет. Ку шута цитрус çимĕçĕсем кĕмеççĕ.

### Çĕнĕ вырăнсенче пулă тытма пуçлаççĕ

СОКОЛОВКА (Приморье крайĕ), июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Охотски тинĕсри сельдь нумай пуранакан çĕнĕ районсенче пулă тытма траулерсен флотилийĕ тухса кайнă.

Иртнĕ 10 кун хушшинче флотили 40 пин пăта яхăн, планпа палăртнинчен икĕ хут ытла сельдь тытнă. Пулăçсем государствăна иртнĕ çулхинчен виçĕ хут ытларах пулă тытса панă.

### В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнă тĕле

Июль уйăхĕнче совет общественноçĕ вырăссен палла писатель-демократĕ тата общественноç деятелĕ В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнине палăртать. СССР совет писателĕсен союзĕ юбилей ирттерме ятарласа комисси туса хунă. Комиссие Ф. В. Гладков, Е. В. Тарле, К. И. Чуйковский, И. А. Новиков тата ыттисем те кĕнĕ.

Июлĕн 2-мĕшĕнче комисси В. Г. Короленко çуралнăранпа 100 çул тултарнине палăртас тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсем çинчен сÿтсе явнă.

Союзлă республикăсен столицисемпе область центрĕсенче писательсен каçĕсем, вулакансен конференцийĕсем ирттерме тата выставкăсем организацилеме йышăннă.

«Детгиз», «Молодая гвардия», «Московский рабочий» тата ытти хăш-пĕр облаçсенчи издательствăсем В. Г. Короленко произведенийĕсене пухса пĕр том пичетлесе кăларма хатĕрленеççĕ. «Огонек» журнал В. Г. Короленко сочиненийĕсен 8 томне пичетлесе кăларать. Юбилей кунĕ Государствăн художествăлла литература издательстви кăларакан 10 томлă сочиненисене çырăнса илесси пусланать.

Пĕтĕм Союзри политикăлла тата наукăлла пĕлÿсем сарас тĕлĕшпе ĕçлекен общество Мускавра, Полтавăра, Житомирта тата писатель пурнăçĕпе çыхăннă ытти хуласенче те лекцисем ирттерме хатĕрленет.

### Узбекистанра районсенчи çĕнĕ хаçатсем тухма пуçланă

ТАШКЕНТ, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Наманган облаçĕнчи Джамашуй район центрĕнче КПСС Задарьински райкомĕпе райисполкомĕн «Коммунизм юлидан» ятлă хаçачĕн пĕрремĕш номерĕ тухнă. Хаçат узбек чĕлхипе тухать. Пĕрремĕш номерте çĕнĕ районти колхозниксемпе механизаторсем Фергана çĕрĕпе мĕнле усă курни çинчен, шурăклă тата тăварлă çĕр çинче çĕр ĕçмăкĕ тата ытти ялхуçалăх культурисем мĕнле туса илни çинчен çырнă.

Çĕнĕ хаçатсем Узбекистанри 15 районта тухма пуçланă.

# ÇЫННА ПĂХĂННĂ ИРТЫШ

*Казах ССР-ĕнчи Коммунистсен партийĕн Хĕвелтухăç Казахстан обкомĕн секретарĕпе Г. Ш. Каржаубаевпа калаçни*

Вăрçă хыççăнхи çулсенче совет халăхĕ Атăл, Дон, Днепр юханшывĕсем çинче халиччен тĕнче курман пысăк гидротехника сооруженийĕсем тума тытăнчĕ.

Пысăк стройкăсенчен пĕри—Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ СССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла çырса хунă: «Пысăк гидроэлектростанцисене, çав шутра Куйбышев гидроэлектростанцине 2.100 пин киловатт чухлĕ, çавăн пекех Кама, Горький, Мингечаур, Усть-Каменогорск тата ытти гидроэлектростанцисене 1.916 пин киловатт чухлĕ ĕçе ямалла».

Иртыш çинче Усть-Каменогорск гидроэлектростанцине туса лартни халăх хуçалăхĕн пысăк задачисене творчествăлла татса панине кăтартакан тĕслĕх пулса тăрать. Хĕвелтухăç Казахстанра сăрт-ту промышленноçĕ пусланни 200 çул патне çитет, çапах та вырăссен завод хуçисем те, Англи капиталисчĕ-Лесли Уркарт та Алтайри инкĕсмни пуянлăха ĕçе кĕртме пултараймасан. Совет çыннисем кăна хăйсен çĕрĕсене халăх хуçалăхне пăхăнтарма пултарчĕç.

Алтай промышленноçне хăватлă энергетика никĕсĕсĕр хăварт аталантарма май пулман. Çак пуян та пысăк крайра пĕрремĕш электростанцие 1926 çулта Лениногорск хулинче туса лартнă. Тимĕр тăпри тĕлĕшĕнчен пуян Алтайра энергетика хăвачĕ çултан-çул ÿссе пынă. Анчах та сăрт-тусем хушшинчен юхса тухакан пысăк шыв юханшывĕсем çинче туса лартнă гидроэлектростанцисем тата пĕспа ĕçлекен электростанцисем çĕршыва кирлĕ чухлĕ электроэнерги парса тăма пултараймăн. Пурнăç хăй совет çĕршывĕнчи ĕç хăвартлăхĕ Çĕпĕрти аслă Иртыш шывĕ çинче хăватлă гидроэлектростанцисем тартма кирлине кăтартса пачĕ. Каменогорск районĕнчи гидроэлектростанци туса лартни совет халăхĕ хăмăр çĕршыва электрификацилемелли плана пурнăçласишĕн кĕрешсе чаплă çĕнтерÿ тунине пусла тăрать.

Иртыш çинче электростанци туса лартни Хĕвелтухăç Казахстан облаçĕнчи халăх хуçалăхне аталантарма çĕнĕ анлă майсем уçса пачĕ. Гидроэлектростанци туллин ĕçлетсе тытăнсан Кăнтăр Казахстанра электроэнерги туса кăларасси икĕ хут çурă ÿсет. Çак никĕс çинче облаçри сăрттупа тата металлурги промышленноçне çĕнĕ тата çÿлерех пусăма çĕклемет. Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсене тĕслĕ металсем туса кăларассине технологи процесĕсене лайăхлатнипе чылай ÿстерме палăртнă. Гидроэлектростанци хăвачĕ металсем шăратас ĕçе çĕнĕ технологие анлăн кĕртсе пыма май парать. Электроэнерги ытларах пулнипе тимĕр шăратса кăларасси тăватă хут ытла ÿсет. Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийĕ сăрттупа тата металлурги промышленноçĕн çĕнĕ предприятийĕсене туса лартас ĕçе анлăн сарса яма, облаçре промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсене туса хума — суперфосфатлă удобренисен, цемент тата ытти строительство материалĕсем туса кăларассине вăйлатма, хăватлă машиностроени туса хума май парать. Гидроэлектростанци паракан электроэнергипе пысăк пайĕ ÿссе пыракан вырăнти тата апат-çимĕç промышленноçĕн пайĕсене тивĕçтерме каять. Çитес çывăх вăхăтрах пысăк аш-какай комбиначĕ, холодильник, крахмалпа патока завочĕ, пулă консервĕсем тăвакан комбинат, типĕтнĕ сĕт завочĕ туса лартмалла пулать. Çак комбинатсемпе заводсенчи пĕтĕм ĕçе электрификацилесе ирттерме палăртнă. Сăрт-тусем хушшинчи поездсене çÿреме йывăр участоксенче чугун çул транспортне электричество вăйĕпе ĕçлеттермелле тăваççĕ.

Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийĕ туса кăларакан электроэнерги облаçри предприятисене пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçăн продукцийĕ туса кăларасса темиçе хут ÿстерме май парать.

Йÿне паракан электроэнерги колхозпа совхоз производствине хăвăрт аталантарма май пулать. Нумай колхозсем государство электростанцийĕсенчен электроэнерги илсе тăрĕç. Гидроэлектростанцие ĕçе кĕртнĕ май государство электростанцийĕсенчен электроэнерги илекен колхозсен шучĕ 5 хут ÿсет. Çакна май общественноç производствăра электричество энергийĕпе усă курасси чылай ÿсет. Ялхуçалăхне электричество вăйĕ анлăн кĕрсе пыни общественноç выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне темиçе хут ÿстерме май парать. Кунсăр пусне, электричествăпа ялхуçалăх продукцийĕсем туса хатĕрлес ĕçре вăй сахалтарах пĕтермелле тăвать.

Хальхи вăхăтра Хĕвелтухăç Казахстанри ялхуçалăх артелĕсенчен çурри ытла хăйсен çĕр участокĕсене шăварса тăраççĕ. Усть-Каменогорск ГЭС-ĕн хăвачĕ промышленноç центрĕсене тавра вырнаçнă капин колхоза çĕр участокĕсене шăварса тăма май парать.

Усть-Каменогорск ГЭС-ĕн пĕрремĕш чечерти ĕçĕсене туса пĕтерни ялхуçалăхне тата анăрхах электрификацилеме, ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме, совет çыннисен çĕнĕ çăмăллатма кирлĕ майсем туса парать. Иртыш çинчи электростанци тума лартни пĕлтерĕшлĕ Хĕвелтухăç Казахстан хуçалăхне тивĕçтерме кăна чарăнса тăмасть. Çĕнĕ гидроузел пирĕн республикăна кÿршĕллĕ облаçсене, çавăн пекех тата Хĕвелаnăç Çĕпĕрпе Алтай крайĕн халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк пулăшу парать. Хальхи вăхăтра Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийĕн, Кузбасри тата Алтай крайĕнчи пĕспа ĕçлекен электростанцисене пĕрлештермелли проект хатĕрлес енĕпе ĕçлеççĕ.

Çакăн пек ĕнтĕ, пĕтĕмĕшпе каласан, Усть-Каменогорск гидроэлектростанцине туса пĕтернипе татса памалли практикăлла задачăсем.

Усть-Каменогорск ГЭС-ĕ пек пысăк гидроузела совет халăхĕ кăна, социализм çĕнтернĕ çĕршыв кăна тума пултарать, мĕншĕн тесен пирĕн çĕршыв план тăрăх аталанса пырать, пирĕн çĕршывăн промышленноçне вăйлă, наукăна техника хăватлăн аталанаççĕ.

Усть-Каменогорск ГЭС-ĕ—пĕтĕм халăх стройки. Ана Урал рабочийĕсем, Ленинград ученăйĕсем, Мускав инженерĕсем туса лартаççĕ. Çакă хăватлă техника парать. Иртыш çинчи çĕнĕ стройка валли Совет Союзĕнчи 400 яхăн завод ĕçлесе тăрать. Пĕтĕм халăх пулăшнипе стройкăри йывăр ĕçсене пурне те механизацилесе çитернĕ. Çак тăванла пулăшу тата тепĕр хут ленинла-сталинла наци политикин çĕнтерĕвне, Совет Союзĕнчи халăхсен никам çĕмĕрейми çирĕп туслăхне кăтартса парать.

Хăватлă та вĕрĕнĕ техникăна тĕлĕнмелле чаплă совет çыннисем хăйсен ĕçлеттерсе тăнă. Хăйсен чĕри хушшине стройкăна ĕçлеме Каспи тинĕçĕ сурçĕр тăрăхĕнчи колхозниксем Жумабай Базилов, Арыгназы Адрышев, Ленинград металлисчĕ Александр Башилов, Алтайра авалтан платниксем туса пĕлекен Хлапцев çемйи тата ытти пиншер совет çыннисем килнĕ. Иртыш çинчи çĕнĕ стройка вĕсемшĕн чăннипех ăсталăх шкулĕ пулса тăчĕ. Пин ытла çамрăк строительсем кунта пусласа пысăк квалификаци тупрĕç.

Иртыш çинчи строительствăра чи чаплă итогĕсенчен пĕри казах халăхĕ хушшинчен гидростроительсен кадрне вĕрентсе хатĕрлени пулса тăрать. Революциччен Иртыша казах чĕлхине «электричество» сăмах пулман. Халĕ электричество пурнăçа чи кирлĕ ĕç пулса тăчĕ.

Казах гидростроительсем Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала тунă çĕрте ĕçленĕ рабочисен пысăк пулăшу пачĕç. Хăватлă агрегатсене хăвăрт меслетпе вырнаçтарса лартакан мастерсем, электросварщиксем тата Атăлпа Дон каналне тунă çĕрте ĕçленĕ ытти специалистсем Усть-Каменогорск ГЭС-не тăваканcене хăйсен опытне парса вĕрентрĕç. Атăл çинчи аслă стройкăри мухтавлă йăлана Иртыш çыранĕсене патне илсе пычĕç.

Строительсен творчествăлла çĕкленĕвне парти организацийĕ ăста ертсе пычĕ. Вăл социализмла ăмăртăва анлăн сарăлма пулăшрĕ, рабочисен, инженерсен, техниксен новатора паха ĕçĕсене хавхалантарса пычĕ, вĕсен пусăрулăхне, ĕç тухăçлăхне ÿстерес, çĕн хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн кĕрешне, гидроэлектростанцине хăвăрт ĕçе кĕртмелле тăвас çулпа ертсе пырĕç. Стройкăри коммунистсем ăмăртура малта пыракан пулчĕç.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра Иртыш çинче тунă стройка ĕçе кĕрет. Çĕпĕрти аслă шывăн хăватлă хăвачĕ пăралукссем тăрăх Хĕвелтухăç Казахстанна хуласене, яла-сене, хуласене пырса тăрать. Усть-Каменогорск гидроэлектростанцийĕ Алтайри çĕр айĕнчи инкĕсмни пуянлăха хăвартрах Тăван çĕршывăн ĕçлесе тăмалла «туса, ĕçсемпентен ытвăтсен туллин тиеçетсе тăрĕ». Пирĕн партипе Коммунистсен партийĕн Совет правительстви ертсе пынипе пирĕн çĕршыври халăхсем тата тепĕр чаплă çĕнтерÿ турĕç.

Усть-Каменогорск. (ТАСС).

# КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

Çак кунсенче КПСС Шупашкар хула комитечĕн VIII-мĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум «Легпромстройпа» 11-мĕш номерлĕ трестĕн тата «Чăвашстрой» трестĕн çак çула илнĕ обязательствисене мĕнле пурнăçлани çинчен сӳтсе явнă. Ку ыйтупа «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трестĕн управляющийĕ Капкин юлташ тата «Чăвашстрой» трест управляющийĕ Куприянов юлташ докладсем туса пачĕç.

Çак трестсен коллективĕсем çултталăк пуçламăшĕнче хăйсем çине пысăк обязательствăсем илнĕ, çултталăкри производство планне срокчен тултарма пулнă. «Чăвашстрой» трест коллективĕ «Ульяновскстрой» трест коллективĕпе социализмла ăмăртăва тухнă.

Хула комитечĕн пленумĕ çакна палăртрĕ: асăннă трестсен коллективĕсем хăйсен илнĕ обязательствисене кирлĕ пек пурнăçласа пымаççĕ. «Легпромстройăн» 11-мĕш номерлĕ трестĕ строительствăпа монтаж ĕçĕсен планне ултă уйăх хушшинче 30,7 процент кăна пурнăçланă, строительство ĕçĕсен хăйне хакне 13,2 процент чакарас вырăнне ĕç тухăçлăхне ӳстересси плана 84,3 процент çеç тултарнă. «Чăвашстрой» трестĕ те производство планне тултарас тĕлĕшпе питĕ юлса пырать.

Трестсенчи партипе профсоюз организацийĕсем тата трестсен руководителĕсем Капкинпа Куприянов юлташсем коллективсене социализмла обязательствăсене пурнăçлама çителĕксĕр мобилизацилесе пынă. Строительство площадкисенче ĕçе тĕрĕс организацилеменнипе, рабочисен час-часах ĕçсĕр тăма тивет, талăкри графиксене пурнăçлассишĕн тивĕçлипе кĕрешни çук. Строительство механизмĕсемпе усă курас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пурри палăрать. Штукатурпа тăвас тата сăрлас, бетон сарас ĕçсене механизмсемпе тума пулать, анчах пулни те ку ĕçсене алăпа тăваççĕ.

Строительство ĕçсен пахалăхĕшĕн трестсен коллективĕсем çителĕксĕр кĕрешеççĕ.

Капкинпа Куприянов юлташсен докладĕсем тăрăх 14 çын тухса каларĕ.

«Легпромстрой» 11-мĕш номерлĕ трестĕнчи партбюро секретарĕ Шереметьев юлташ трестра пысăк çитменлĕхсем пурри палăртрĕ. Трест управляющийĕ Капкин юлташ, главнăй инженер Чепурин юлташ тата партипе профсоюз организацийĕсем социализмла ăмăртăва йĕркелес ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмаççĕ, малта пыракансен опытне ĕçе кирлĕ пек кĕртсе пымаççĕ. Строительствăра ĕçлеме квалификациллĕ рабочисем хатĕрлеме тăрăшмаç. Рабочисен культурăпа пурнăç условийĕсене те хальхинчен лайăхлатмалла. Хăшпĕр общежитисенче пурăнма условисем çителĕксĕр мар, вĕсенче кирлĕ ĕçтессем туман.

Шереметьев юлташ малалла партия организацийĕсен агитаципе-массăлла ĕçе лайăхлатма кирли çинчен каларĕ. Вăл çавăн пекех пир-авăр комбиначĕн директорне Безрепов юлташа тата комбинатри пуçламăш парторганизаци секретарьне Рассказов юлташа критиклерĕ, вĕсем строительствăра чылай пысăк ыйтусене вăхăтра татса паманнине палăртрĕ.

КПСС хула комитечĕн членĕ Павлова юлташ хула комитечĕн пайĕсене критиклерĕ. Вĕсенче ĕçлекенсем стройкăсене сайра хутра çеç пулаççĕ, пуçламăш парторганизацисене пулăшу памаççĕ.

Чăваш АССР-ĕнчи Статуправлени начальникĕн заместителĕ Платонов юлташ партин XIX-мĕш съезчĕ строительсене строительство индустрийĕ умне ответлă задачăсем лартнине палăртрĕ. Ĕçсене хăвăрт тата пысăк пахалăхпа тунипе пĕрлех строительствăн хăйне хакне чакарма пысăк пулать. Пилĕкçуллăх вăхăтĕнче строительство ĕçĕсен хакне 20 процентран кая мар йӳнетмелле. Платонов юлташ хулари строительство организацийĕсене ĕçĕнчи çитменлĕхсемшĕн вăйлăн критиклерĕ. Строительство организацийĕсене рабочисене воспитани парас, вĕсем хушшинче дисциплинăна çирĕплетес тĕлĕшпе çителĕклĕ ĕçлемеççĕ.

Пренире тухса калакан ытти юлташсем те строительство организацийĕсен пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕç. «Чăвашстрой» трест 1953 çулта тумалли ĕçсем çинчен халĕ те договорсем туса çитермен.

Трестсенчи партипе профсоюз организацийĕсем рабочисене политикăлла воспитани парас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Рабочисем валли лекцисемпе докладсем сайра хутра кăна пулаççĕ, агитаторсем хăйсен калаçăвĕсене умра тăракан задачăсемпе тачă çыхăнтарса ирттермеççĕ.

Рабочисемпе служащисен пухăвĕсем çителĕксĕр ирттереççĕ, вĕсенче критикăпа самокритика анлăн сарăлмасть. Пухусене нумай рабочисем пачах пымаççĕ.

Чăваш АССР Сывлăх министрĕ Ефимова юлташ, республика больницин главнăй врачĕ Сидиев юлташ «Чăвашстрой» трест Шупашкарта больница çурчĕсем лартас ĕç çине çителĕксĕр пăхнине палăртрĕç.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх пленум конкретлă решени йышăнчĕ.

# Чăваш республикинчи ĕççыннисем мир тăшманĕсене ылханса питлеççĕ

## Мир çарĕ—аслă çар

Çу кунĕсем ытла та ырă,
Ăста пăхатăн—чун канать.
Пучах кăларнă тулăх тырă
Хирте сулмаклăн хумханать.

Çамрăкланса вылять хул-çурăм,
Хастарланса тапать чĕре.
Нимле инкек те ӳрăм-вӳрăм
Ан ӳртăр, тетпĕр, тĕнчере.

Анчах хĕвеллĕ çутă куншăн
Хавас марри те пур иккен.
Пĕтмен, пĕтмен-ха ăшă юншăн
Выç кашкăр евĕр çиекен.

Инкеклĕ вăрçă вут-кăварĕ
Пĕр кĕтесре кăшт лăпланcан,
Тепĕр çĕрте татах хаяррăн
Чĕртме васкать усал тăшман.

Ан тив, тăшман чее хăтлантăр,—
Тĕнче тăрать асăрхасах:
Корейăра та, Берлинра та
Пĕр юнлă алă алхасать.

Тăшманшăн юн—вăл çутă ылтăн,
Кĕрмен хывать вăл шăмăран.
Анчах эпир калатпăр хыттăн:
— Ватăйман хурçă чăмăра!

Таттисĕр çумăр пек çутар ес,
Тăшман, ылханлă долларна,
Пурĕ-пĕрех шатăйĕ ларĕ
Туратлă тал-писен кăна.

Тал-писене тăпăлтараççĕ,—
Ӳсмест вăл пирĕн урамра!
Корейăра ăна таптаççĕ,
Ăна таптаççĕ Берлинра.

Тăшман шăпи ялан та паллă,—
Ан тив, вăл, ирсĕр, уртăрах!
Телейшĕн, миршĕн пĕтĕм халăх
Пĕр аслă çар пек кар тăрать.

Асса кĕрлеймĕ вăрçă шавĕ,
Çĕр чăмăрне вут хыптарса.
Çӳлте суталĕ мир ялавĕ,
Этемлĕхе телей сунса!

АРКАДИЙ ЭСХЕЛЬ.

## Механизаторсем провокаторсене сивлеççĕ

КӲКЕÇ. Шупашкар районĕнчи механизаторсен нумай çынлă пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта Берлинра июнĕн 17-мĕшĕнче пулса иртнĕ фашистла провокаторсен ирсĕр ĕçĕсем çинчен районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн начальникĕ П. Ефремов юлташ тĕплĕн каласа пачĕ.

Чи малтанах МТС механикĕ Овчинников юлташ сăмах илет.

— Эпир, совет çыннисем,—тет вăл,—вăрçăшăн мар, мирлĕ те телейлĕ пурнăçшăн кĕрешетпĕр. Çав вăхăтрах Америка империалисчĕсене сутăннă çынсем çĕнĕ вăрçă пуçласа ярасшăн. Вĕсем нимĕçсене пăлхатма хăтланчĕç. Анчах вĕсен авантюри хăвăрт путланса ларчĕ. Демократиллĕ Германи Республикинчи халăх вăйĕсем фашистла провокаторсене тата вĕсене ют çĕршывсенчен хӳтĕлесе тăракан ирсĕрсене татăклăн отпор пачĕç. Вăл малалла та çавăн пекех пулĕ.

Механизаторсем пурте, пĕр шухăшкăмăллă пулса, сыхăлăха ӳстерме, хастарлă ĕçлесе комбайнсемпе авăн çапмалли машинăсене июлĕн 10-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерме пулчĕç.

## Çурт тăвакансен сăмахĕ

КУСЛАВККА, июлĕн 3-мĕшĕ. (Телефонпа). Завод гудокĕ вăрăммăн кăшкăртса кăнтăрлахи смена вĕçленни çинчен пĕлтерчĕ. Çав вăхăтра завод картишĕнчен тулли вагонсем кăкарнă поезд тухса кайрĕ. Вагонсем çинче мирлĕ продукци — тăван шахтерсемпе нефтяниксем валли туса хатĕрленĕ пурăнмалли çуртсем.

...Вата сăкасем хушшинчи ешĕл çеремлĕ лаптăк. Кунта заводра ĕçлекен рабочисем, служащисем, инженерсем тата техниксем йышлăн пухăнчĕç. Çурт тăвакансем нумай пулмасть Берлинра пулса иртнĕ ĕçсем пирки хăйсен çирĕп сăмахне калама пухăнчĕç.

Ют çĕршывсене тара кĕрешнĕ çынсем июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра тунă ирсĕр ĕçсем çинчен партбюро секретарĕ Н. Григорьева юлташ каласа панине пухăва пынисем тимлĕ итлеççĕ.

— Берлинăн демократиллĕ секторĕнчи провокаци,—терĕ Григорьева юлташ,—Германи ыйтăвне мирлĕн татса парассинчен тата Германи халăхĕн демократиллĕ вăйĕсем тĕреклĕнессинчен хăракан, Демократиллĕ Германи Республикин çитĕнĕвĕсене курайман çынсен ирсĕр ĕçĕ пулса тăрать. Унсăр пуçне вăл реакципе фашизм мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕ çине сĕмсĕррĕн тапăннине пĕлтерет. Анчах ют çĕршывсене сутăннă ирсĕр çынсен провокацийĕ путланса ларчĕ. Мир тăшманĕсем нимĕç халăхне демократиллĕ аталану çулĕ çинчен нихçан та пăрса яраймĕç.

Пирвайхи сăмах хăма çуракан цехри рамщик П. Киселев юлташ илчĕ.

— Эпир, совет çыннисем, империалистла сутăнчăксен Берлинри авантюри мĕне пĕлтернине лайăх ăнланатпăр. Вĕсем Германи ыйтăвне мирлĕ майпа татса парассине пăсасшăн, çĕнĕ вăрçă пуçласа ярасшăн. Усăсăр тапаçлани! Ырă кăмăллă миллионшăр çынсем мире хӳтĕлесе тăраççĕ. Мир вăрçа çĕнтерет!

Трибуна умĕнче—çамрăк рабочи комсомолец Юрий Мещанинов. Вăл çапла каларĕ:

— Демократиллĕ Германи Республикине хирĕç Берлинра тунă киревсĕр ĕçсем пире, совет çамрăкĕсене, вĕçĕ-хĕррисĕр тарăхтараççĕ. Эпир нимĕç халăхĕпе тата унăн çамрăкĕсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтеретпĕр. Миршĕн кĕрешекен нимĕç ĕççыннисене тăванла салам!

— Юлашки вăхăтра Германире, Корейăра пулса иртекен ĕçсем,—терĕ пухура заводăн главнăй инженерĕ Н. Горленко юлташ,—пире, совет çыннисене, сисĕмлĕхе ӳстерме, Тăван çĕршыва тĕреклетессишĕн тата тимлĕнрех ĕçлеме хушаççĕ. Мир ялавне тата çӳлерех çĕклер! Империалистсем каллех вăрçă пуçласа яма хăтланни çине мирлĕ ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе ответлер!

Çурт тăвакансем, нимĕç рабочийĕсем патне вĕсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерсе, çыру яма йышăнчĕç.

Т. ИВАНОВ.
(Хамăр корр.).

## Мир ĕçĕ çĕнтерет

ÇĔРПӲ. (Телефонпа). Берлинра пулса иртнĕ ĕçсем çинчен районти предприятисемпе колхозсенче тата учрежденисенче нумай çынлă пухусенче сӳтсе яваççĕ. Рабочисемпе колхозниксем, служащисем Берлинра ирсĕр ĕç тунă фашистла провокаторсене, доллар хуçисене сутăннă авантюристсене тарăхса питлеççĕ.

— Мир тăшманĕсен, Америка империалисчĕсене тара кĕрешнĕ фашистла сутăнчăксен Берлинри провокацийĕ тĕп пулчĕ,—терĕ автомашинăсем юсакан заводри митингра П. Федоров.—Вăл малашне те çапла пулĕ. Мир фрончĕ пĕтĕм тĕнчипе çирĕпленсе пырать. Эпир çакна çирĕппĕн шанса тăратпăр: Германи халăхĕ малашне тата тачăрах пĕтĕçĕ, çĕнĕ вăрçă чĕртме ĕмĕтленекен фашистла йĕрĕнчĕксене сирпĕтсе ярĕ.

Митингсенче тухса каланă юлташсем завод коллективне сисĕмлĕхе ӳстерсе пыма, пĕтĕм тĕнчери мирĕн шанчăклă тĕрекĕн—хамăр социализмла Тăван çĕршывăн хăватне ӳстерессишĕн ырми-канми кĕрешме, производство планне ирттерсе тултарма чĕнчĕç.

Ялсенчи çĕршер агитаторсем çак кунсенче колхозниксене Берлинри событисем çинчен, Германи халăхĕ Германири социалистла пĕрлĕхлĕ парти ертсе пынипе фашистла авантюристсен ирсĕр ĕçне сирсе пăрахни çинчен ăнлантарса параççĕ.

«Богатырь» колхоз членĕсем çак кунсенче пысăк çĕр лаптăкĕ çинчен утă пухса кĕртеççĕ, гидростанци строительствинче, техникăлла культурăсен плантацийĕсем çинче массăллăн ĕçлеççĕ.

Й. Васильев коммунист, Ф. Петров учитель, налог агенчĕ А. Егоров юлташсем тата ыттисем те—пурĕ 9 агитатор колхозниксем патĕнче пулса калаçусем ирттернĕ. Ку калаçусенче пурĕ 180 колхозник пулнă.

Колхозниксем, пурте пĕр шухăшлă пулса, фашистла сутăнчăксен Берлинри провокациллĕ ĕçне хытă тарăхса питлеççĕ, хăйсем Германири миршĕн кĕрешекен тӳрĕ кăмăллă çынсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтереççĕ, колхоз стройне тĕреклетессишĕн тата пысăк хастарлăхпа ĕçлеме сăмах параççĕ.

(Хамăр корр.).

## Сыхă пулмалла

ИШЛЕП. МТС-ра пулса иртнĕ пухура комбайнер помощникĕ И. Скворцов юлташ çапла каларĕ:

— Фашистла вăрă-хурахсем каллех пӳтсĕр пуçĕсене çĕклеме пăхаççĕ, мирлĕ пурăнакан халăхсене хирĕçтерсе яма ĕмĕтленеççĕ. Анчах вĕсем тĕрĕслĕхшĕн кĕрешекен халăха улталаймĕç. Эпир, совет çыннисем, нимĕç халăхĕпе пĕрле авантюристсен ирсĕр ĕçне сивлетпĕр.

Çавăн пекех пухура малта пыракан 9-мĕш трактор бригадин бригадирĕ Г. Романов, МТС механикĕ И. Яруткин юлташсем хумханса каларĕç. Вĕсем Берлинра провокаци тăвакансене хыттăн сивлерĕç, механизаторсене ĕçри хастарлăха ӳстерме чĕнчĕç.

Колхозлă ял ĕçченĕсем те ирсĕр ĕçсем тăвакан фашистла сутăнчăксене пĕтĕм чун-чĕререн тарăхса питлеççĕ.

## „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

### „Перекетлĕхшĕн кĕрешсе тунă малтанхи утăм“

Майăн 30-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Перекетлĕхшĕн кĕрешсе тунă малтанхи утăм» ятлă статьяра Куславккари çуртсем тăвакан заводри партбюро тата КПСС райкомĕ заводри «Стахановец» ятлă нумай тиражлă хаçат хускатнă чылай ыйтусене вăхăтра кирлĕ пек татса паманнине, хаçатра пичетленекен материалсен витĕмлĕхĕшĕн çителĕксĕр кĕрешнине кăтартса панăччĕ. Çавăн пекех унта хаçат хăй те хускатнă хăшпĕр ыйтусене вĕçне çитерме манса кайни çинчен çырнăччĕ.

Çуртсем тăвакан заводри партбюро «Перекетлĕхшĕн кĕрешсе тунă малтанхи утăм» ятлă статьяна июнĕн 5-мĕшĕнче сӳтсе явни, унта асăннисем пĕтĕмпех тĕрĕс пулни, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Партбюро пĕлтернĕ тăрăх, халĕ заводра рационализациллĕ сĕнӳсем пухас тата вĕсене пăхса тухса ĕçе кĕртес енĕпе тăрăшса ĕçлеççĕ. Çакна май партбюро рабочисем, служащисемпе инженерла-техникла работниксем хушшинчи массăллă ĕçе вăйлатнă, «Стахановец» хаçат редакторне Александров юлташа социализмла ăмăрту мĕнле пынине анлăн çутатма, рационализациллĕ сĕнӳсем пухас ĕçе пуçарса пыма, малта пыракан рабочисен опытне ялан çутатма хушнă.

## Республикăри çулсем тăрăх

# ВАТĂ БРИГАДИР

Елчĕк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри çул-йĕр бригадирĕ Евстафий Никифорович Немцев юлташ çинчен эпир ку района Канашран пырса çитиччен чылай инçетрех илтрĕмĕр. Çул-йĕр ĕçĕнче мухтава тухнă колхозникăн ятне ытти районсенче те лайăх пĕлеççĕ.

Çул-йĕр работникĕсемпе калаçнă чухне, пĕрисем Немцев юлташ хăйĕн ĕçне лайăх вĕренсе çитнĕ опытлă бригадир, теççĕ. Теприсен шухăшĕпе, Евстафий Никифорович питĕ чăтăмлă çын,—бригадир пулса ĕçлеме тытăннăранпа ултă хутчен Хисеп грамоти илме тивĕçлĕ пулассi, епле тесен те, çăмăлах пулман ĕнтĕ.

Таврана паллă бригадирпа пире Çĕрпӳрен Тутар республикинчи Пăва хулине кайакан трактăн 85-мĕш километрĕнче ĕçлекен ремонтер София Чернова паллаштарчĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхозри бригада ку участокра кăçал пĕр километр тăршшĕнче чул сарнă кивĕ çула сӳтсе çĕнĕрен сарать. Колхозниксен пĕр ушкăнĕ, пăчă çанталăка пăхмасăр, кивĕ чула васкаса сӳтет. Вуншар лавсемпе чулпа хăйăр турттараççĕ.

66 çул пурăнса, çав шутран 25 çул хушши пĕр улшăнмасăр çул-йĕр ĕçĕнче ирттерни хăйĕнне сисĕнтерет мĕн. Бригада ĕçлекен участокăн тепĕр вĕçĕнчен утса килнĕ ватă бригадир йывăррăн сывласа ячĕ. Сӳçĕпе сухалне çуткăм кĕмĕл тĕс çапнă, куçĕсем те самаях, имшерленĕ, полевой сумкăран кăларнă ĕçлĕ хучĕсене вăл куç патне çывăха тытса вулать. Анчах Евстафий Никифоровичăн ватăлăха парăнас шухăш çук-ха.

Государство хастарлă бригадирăн ĕçне пысăка хурса хаклать, калăх ăна хисеплет пулсан, вăл çав пысăк хисепе тата лайăхрах ĕçленипе тавăрма тăрăшать.

Ялсенче колхозсем пуличчен Евстафий Никифорович Аслă Елчĕк урамĕсенче тата ялсен хушшинчи çулсемпе кĕперсене юсаттарас ĕçе ертсе пынă. Аслă Елчĕкре колхоз тĕреклесе çитсен, кайрахпа унта ятарласа çул-йĕр бригади организацилесен, Немцев юлташ, çав бригада пуçне тăрса, хăйĕн мĕнпур вăйне çул-йĕр строительстви ĕçне панă.

Социализмла çĕршывра тикĕс çулсем пулни кăна сахал. Вĕсем илемлĕ те культурăллă пулмалла. Пирĕн республикăра паха çулсем тăвассипе пĕрлех вĕсен икĕ айккипе симĕс вăрман тăрăхĕсем чĕртесси пуçланчĕ. Вăрмансăр, çеçен хирлĕ районсенче ку ĕç уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Евстафий Никифорович та, строительство техникине вĕреннипе пĕрлех, çĕнĕрен вăрман тăрăхĕсем чĕртекен специалист пулса тăнă.

Аслă Елчĕк — пирĕн республикăн кăнтăр чиккинче ларакан ялсенчен пĕри. Вĕсенчен лерелле тăванла Тутар республикин пысăк территорийĕ пуçланса каять. Çак ялти Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 20 çула яхăн каярах чикĕри çулсем тăрăх йывăç чĕртсе тухас ĕçе пуçарса янă. Виçĕ километр тăршшĕнче 18 çул каярах чĕртнĕ йывăçсем халĕ вăрман пек кашласа ларакан пулнă ĕнтĕ, ытти тăрăхĕсем те, каярах лартнисем, патваррăн çитĕнеççĕ.

Çеçен хирте вăрман тăрăхĕсем тăвассишĕн мĕнпур вăйне хунă пирвайхи колхозниксенчен пĕри вăл Немцев юлташ пулнă. Çав обществăлла пуянлăха çĕнĕрен тунă чухне сахал мар йывăрлăхсемпе чăрмавсем тӳссе ирттернĕ. Анчах вĕсем нимĕнле йывăрлăха та парăнман, километр хыççăн теприн çинче вăрман тăрăхĕсем чĕртсе пынă.

Немцев юлташ, темĕн çинчен аса илсе, кулнă пек пăхрĕ.

— Иртнĕ çулта пирĕн колхоза Шупашкартан пĕр специалист килчĕ,—терĕ вăл,—кăшт шутласа ларнă хыççăн,—Ертсе кайăр-ха вăрман тăрăхне курма,—ыйтрĕ вăл. Тухса кайрăмăр. Пĕр виçĕ километр хушши калаçса утрăмăр пулĕ.—Тата инçе каймалла-и?—тет вăл. — Нумаях юлмарĕ, тата 12 километр çеç утмалла,—тетĕп ăна. Вăл вара урăх утма шутламарĕ.

Çулсен айккипе вăрман тăрăхĕсем чĕртес ĕç ку колхозра пĕрре те чарăнса тăмасть. Ун валли колхозрах çирĕп никĕс пур, ятарласа тунă питомник мĕнле йывăç тата мĕн чухлĕ кирлĕ, çавăн чухлĕ пама пултарать.

Немцев юлташăн бригади кăçал çуркунне, типсе çитсенех, Аслă Елчĕкпе район центрĕ хушшинчи çула юсаса тухнă, çав вăхăтрах унăн икĕ айккипе çур километр тăршшĕнче çĕнĕрен çамрăк йывăçсем лартнă. Кашни енче ултшар ретре халĕ тополь, вĕрене тата акаци çитĕнеççĕ. Лартнă хыççăнах кашни йывăç тĕпне тислĕкпе витсе тухнă.

Бригадир ĕç техникине хăй питĕ лайăх пĕлсен те, пĕр пĕччен нимех те тума пултараймĕ. Колхозри руководительсем, чи малтан правлени председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Тябуков юлташ, çул-йĕр бригади улшăнса тăрассине пĕтерме, ăна квалификациллĕ кадрсемпе тĕреклетме тăрăшнă.

— Халĕ эпир кирек мĕнле задание те пурнăçлама пултаратпăр, вăйсем çителĕклĕ,—тет Немцев юлташ.

Çапла, вăйсем çителĕклĕ. Ку бригадăра халĕ типовăй кĕперсем тума пултаракан строительсем, çуллахи кунсенче ӳсентăран типсе каякан çĕр çинче вăрман тăрăхĕ чĕртме вĕренсе çитнĕ агролесомелиораторсем, чул сарса шоссе тумалли ĕç техникине вĕренсе алла илнĕ мостовщиксем, бетонщиксем тата ытти ăстасем те пур.

Вĕсем пурте ĕçре, практикăра ӳснĕ, халиччен пĕлнипе лăпланмасăр малалла вĕренме тăрăшаççĕ, 1952 çулхи плана ирттерсе тата пысăк пахалăхпа тултарнăшăн Çул-йĕр управленийĕ Немцев юлташ бригадинчи 10 колхозника Хисеп грамоти парса наградăланă. Вĕсенчен кашнин ĕçĕпе ӳсĕмĕ çинчен нумай каласа кăтартма пулĕччĕ.

Темиçе грамота илнисенчен пĕри—чул саракан мостовщик Петр Маркович Бобин юлташ. Çул-йĕр бригадинче вăл 1942 çултанпа ĕçлет. Çул-йĕр ĕçне хутшăнма унăн çул та иртнĕ ĕнтĕ, анчах вăл хăйĕн бригадинчен уйрăлса каясшăн мар, хăйĕн çамрăк юлташĕсене тухăçлăн ĕçлеме вĕрентет.

Немцев юлташ бригадинче вĕренсе ӳснĕ çул-йĕр ăстисенчен тепри—унăн ывăлĕ Иван. Икĕ тантăш тата çывăх туссем—комсомолецсем Иван Немцевпа Николай Шепинов 16 çултах хăйсене бригадăна илме ыйтнă. Тепĕр çулне вĕсем чул саракансене пулăшнă, вĕсен ăсталăхне вĕренме тытăннă.

Хастарлă çамрăксем хăйсен ĕмĕтне пурнăçлама ĕлкĕреймен, гитлерла Германи Совет Союзĕ çине тискеррĕн тапăнсан, вĕсем Отечественнăй вăрçă фронтне тухса кайнă. Фронтран çĕнтерӳпе таврăнсан Иванпа Николай каллех çул-йĕр бригадинче ĕçлеме тытăннă. Халĕ вĕсем иккĕшĕ те мостовщик специальноçне вĕренсе алла илнĕ.

— Ача-пăчаран телейлĕ пултăм,—терĕ ватă бригадир.—Çемье чысне пăсмарĕç, немцевсен рачĕ начар рат пулманнине ĕçре кăтартса параççĕ. Иван иртнĕ хĕлле государство валли вăрман турттарма кайрĕ. Чи нумай турттараканни пулнă вăл. Плана тултарнă хыççăн 1.400 тенкĕ ĕç укçи илсе таврăнчĕ. Вăрмантан таврăнчĕç çеç, колхоз правленийĕ манăн ывăла 10 пăт тулă парса премилерĕ.

Бригада колхозăн çул-йĕр ĕçĕсен планне мĕнпур колхозниксемшĕн тултарать. Колхоз правленийĕ çул-йĕр строительствине хутшăнма тивĕçлĕ, анчах тĕрлĕ сăлтавсене пула хутшăнман колхозниксемпе колхозницăсен шутĕнчен ĕçкунĕсем катса юлать те, çул-йĕр бригадинче ĕçлекенсене тӳлет.

Темиçе колхозра эпир çакăн пек калаçнине илтрĕмĕр: Ленин ячĕпе тăракан колхозра çул-йĕр бригади членĕсене пĕр нормăшăн колхозра 1,5 ĕçкунĕ ытларах çеç тӳлеççĕ. Тепĕр колхозсенче, çул-йĕр строительствинче нормăсем пысăк тесе, çул-йĕр бригади членĕсем ун чухлĕ çеç тӳленипе килĕшмеççĕ мĕн.

— Сулхăнра выртсах çул-йĕр строительстви планне тултарма шутлакан çынсемшĕн вăл нормăсем пысăк ĕнтĕ,—кулса илчĕ бригадир.—Анчах эпир сулхăнра выртма юратакансем мар. Пирĕн бригадăра çул-йĕр строительствинче кулленхи нормăна тултарман çынсем çук. Çавăнпа вĕсем чылай ĕçкунĕ илеççĕ.

Евстафий Никифорович уйрăм тĕслĕхсем илсе кăтартрĕ. Бобин тата Немцевпа Шепинов юлташсем, виççĕшĕ пĕрле ĕçлесе, пĕр кун хушшинче 135 тăваткал метр таранччен чул сараççĕ, ку вăл нормăпа пăхнинчен икĕ хут нумайрах пулать.

Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ, чул саракан мостовщиксен ĕçне 8-мĕш группăна кĕртсе, кашни нормăшăн 2,25 ĕçкунĕ тӳлеме йышăннă. Çапла вара, Бобин, Немцев тата Шепинов юлташсем, икшер норма тултарса, куллен 4,5 ĕçкунĕ илеççĕ. Хăйăрпа чул хатĕрлекенсене, турттаракансене, çĕрĕç тăвакансене тата ыттисене те, вĕсем нормăна тултарнипе, колхозра пысăк ĕçкунĕ тӳлеççĕ.

Немцев юлташăн бригадăна ертсе пырас пултарулăхĕн паллă енĕ вăл—пур ĕçре те сдельщина йĕркине çирĕппĕн пăхăнни. Бригадăри кашни колхозник хăйĕн ĕç выранне тата ĕç нормине малтанах пĕлсе тăрать.

Тăвай районĕнчи колхозниксемпе çулйĕр работникĕсен чĕнĕвне йышăннă хыççăн, Ленин ячĕпе тăракан колхозра тĕп ĕçсене пĕтĕмпех пĕр уйăхра туса çитерме задача лартнă. Чулпа хăйăр турттарма бригада çумне çĕнĕрен лавсем хушса панă. Немцев юлташ вĕсен ĕçне те сдельщина йĕркипе организацилленĕ. Колхозри пурĕ 10 уй-хир бригадинчен килнĕ лавçăсем çул çине турттарса пынă хăйăрпа чула харпăр хăй бригадисемпе куполаççĕ. Бригадир кашнин ĕçне уйрăммăн учета илет.

Евстафий Никифорович ялти обществăлла ĕçе активлăн хутшăнать. Аслă Елчĕкри колхозниксем ăна хăйсен ял Совечĕн депутачĕ пулма суйланă. Ватă бригадир, выранти Советăн благоустройство комиссийĕн членĕ пулса, хăйĕн çине хунă пысăк шанăça тӳрре кăларассишĕн, социализмла халăх хуçалăхĕ валли çирĕп те культурăлла çул-йĕрсем тăвассишĕн вăйне хĕрхенмесĕр ĕçлет.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).

Çĕрпӳпе Пăва хушшинчи тракт.

## Вăрманпромхоз çитĕнĕвĕ

СĔМĔРЛЕ, июлĕн 3-мĕшĕ. (Телефонпа). «Чувашлес» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхоз иккĕмĕш кварталти производство планне пур кăтартусем тăрăх та ирттерсе тултарнă. Йывăç турттарса кăлармалли çур çулхи плана 104 процент, иккĕмĕш кварталти плана 114 процент тултарнă, продукци туса кăлармалли çур çулхи плана пĕтĕмпе 100 процент, пурăнмалли çуртсем тумалли иккĕмĕш кварталти плана 100 процент, çулсем тумалли кварталти плана 282 процент тултарнă. Виççĕмĕш квартал шучĕпе 7 пин кубометр йывăç турттарса кăларнă.

Вăрманпромхоз коллективĕ йывăç турттарса кăлармалли çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма социализмла обязательство йышăннă.

## Техникăна вĕренеççĕ

Канашри паравус деповĕнче техникăна вĕренес, рабочисен пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттереççĕ. Машинистсемпе вĕсен помощникĕсем, кочегарсем тата ытти рабочисем нумайăшĕ техникăна кружоксенче вĕренеççĕ. Занятисем техника пӳлĕмĕнче тата цехсенче пулаççĕ. Çак кунсенче кружоксенче экзаменсем пулса иртрĕç. Назаров, Николаев, Федорин, Казиков, Курылев машинистсем экзамена отлично паллăпа пачĕç. Машинистсен помощникĕсенчен 14 çын «5» паллăсем илчĕç. Кружокра вĕренни машинистсене йывăр тиенĕ поездсем илсе çӳреме, çĕр камрăкĕ перекетлеме пулăшать.

П. КОЛЬЦОВ.

## Обязательствăна пурнăçларĕç

Вăрнар районĕнчи колхозсемпе колхозниксем государствăна сĕт памалли кăçалхи çур çул планне республикăра пуриччен малтан тултарчĕç. Пĕлтĕрхинчен 175.000 литр ытларах сĕт панă.

Хрущев ячĕпе, Чапаев ячĕпе, Шверник ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан, «Малый Цивиль» колхозсем тата Хрущев ячĕпе тăракан, «Большевик» ялхуçалăх артелĕсен членĕсем сĕт памалли плана чылай ирттерсе тултарнă.

Республикăри совхозсем те сĕт памалли плана 100,2 процент тултарнă. Вĕсем пĕлтĕрхинчен 74.500 литр ытларах сĕт панă. Шупашкарти эрех комбиначĕпе Çĕрпӳри селекци станцийĕ те çур çул планне ытлашшипех пурнăçланă.

Куславкка районĕ сĕт памалли плана 118 процент тултарчĕ. Колхозниксем пĕлтĕрхинчен 53.000 литр ытларах сĕт панă.

Н. ШАШУРИН.

## Стена хаçачĕ çитменлĕхсене пĕтерме пулăшать

КАНАШ. Яманкассинче икĕ стена хаçачĕ тухса тăрать. Вĕсене кăларас ĕçе колхозниксемпе колхозницăсем, ялти интеллигентсем хастарлă хутшăнаççĕ. Хаçатсем тухсассăн вара вĕсем умĕнче яланах колхозниксем нумаййăн пулаççĕ.

Хаçатсенче малта пыракан колхозниксемпе колхозницăсен çитĕнĕвĕсем çинчен ялан çутатни малти опыта ытти колхозниксем хушшине сарма пулăшать.

Хаçатсем кунпа пĕрлех çитменлĕхсене те хăюллă та сивĕччĕн критиклеççĕ. Сăмахран, «Сăлтăр» ятлă хаçатра çамрăк конюх К. Борисов сураки вăхăтĕнче лашасене çителĕксĕр пăхни çинчен çырнăччĕ. Колхозри ВЛКСМ пуçламăш организацийĕ кирлĕ мерăсем йышăннă хыççăн Борисов лашасене лайăх пăхма сăмах пачĕ. Паянхи куна вăл пăхакан лашасем пурте мăнтăр. Çавăн пекех П. Нягина, А. Михайлова агитаторсем (иккĕшĕ те учительницăсем) колхозниксем хушшинче калаçусем сахал ирттернине критиклени те усă кӳчĕ.

Çапла ĕнтĕ хаçатра çитменлĕхсем çинчен хăюллăн çырни, вĕсене пĕтерессишĕн вăхăтра тивĕçлĕ мерăсем йышăнни ĕçре питех те пулăшать.

И. МУКШИН.

## Колхоз театрĕ Куйбышев облаçĕнче

Чăвашсен республикăри куçса çӳрекен колхоз театрĕн спектаклĕсемпе унăн артисчĕсем паракан концертсем республика тулашĕнче пысăк ăнăçлăхпа иртеççĕ.

Театр коллективĕ Тутар республикинчи Октябрьски, Тельмановски районĕсенче тата Куйбышев облаçĕнчи Чаллăпуç, Шентала, Клевлĕ, Исаклă районĕсенче пулчĕ. Кунта пурăнакан чăвашсем артистсене яланах ăшшăн йышăнаççĕ. Июнĕн 17-мĕшĕнче театр Исаклă районĕнчи Сепперел МТС клубĕнче Волгари писателĕ Орлин Васильев çырнă «Çĕр сиввĕ рай» пьесăна чăвашла лартса пачĕ. Спектакле 300 çын ытла цăхрĕ. Спектакль хыççăн пысăк концерт пулчĕ.

Театр Исаклă районĕнчи ытти чăваш ялĕсенче пулнă хыççăн, Похвиснĕ районне тухса кайрĕ.

Н. ЕВСТАФЬЕВ.

## ПЕРЕКЕТЛЕНĔ УКÇАПА

СОВЕТСКИ. Мăн Чурашри перекет кассин уйрăмĕнче вкладчиксен йышĕ ӳссех пырать.

Колхозниксемпе ялти интеллигенци перекетленĕ укçапа тĕрлĕрен хаклă япаласем туянаççĕ, çĕнĕ çурт-йĕр тăваççĕ. Мăн Чурашри вăтам шкул директорĕ Г. Сергеев юлташ перекетленĕ укçапа «Москвич» маркăллă çăмăл автомашина туянчĕ.

В. ПЕТРОВ.

# Ҫамрӑксем! Тӗнчере чи малта пыракан совет наукине вӗренӗр!

Шкулсенче экзаменсем вӗҫленчӗҫ.

Кӑҫал пирӗн республикӑра ҫӗршер ача 7-мӗш тата 10-мӗш классенчен вӗренсе тухрӗҫ. Ҫамрӑксен малашнехи ӗмӗчӗсем пысӑк. Ҫиччӗмӗш класран вӗренсе тухнисенчен чылайӑшӗ тӗрлӗ специалистсем хатӗрлекен вӑтам шкулсене, вуннӑмӗш класран вӗренсе тухнисем институтсене вӗренме кайма шухӑшлаҫҫӗ, промышленноҫпа транспортра, ялхуҫалӑхӗнче, культура фронтӗнче пысӑк специалистсем пулса ӗҫлеме ӗмӗтленеҫҫӗ. Пархатарлӑ шухӑш-кӑмӑлсем! Ҫамрӑксем инженерсемпе врачсем, учительсемпе агрономсем, искусство работникӗсем тата ытти специалистсем пулма пултараҫҫӗ.

Кашни професси тепринчен лайӑхрах пек туйӑнать. Чӑнах та, Совет Союзӗнче пур ӗҫ те кирлӗ, пур ӗҫ те чыслӑ, мухтавлӑ.

Тӑван ҫӗршывӑн чӑн-чӑн патриочӗ пулас тесен, вӗренӳре те, ӗҫре те пысӑк чӑтӑмлӑх, ӗҫе юратса туни, пӗтӗм вӑя хурса тӑрӑшни, йывӑрлӑхсенчен хӑраманни, ҫав йывӑрлӑхсене ҫӗнтерме пӗлни кирлӗ.

Шкултан вӗренсе тухнӑ кашни ҫамрӑках професси суйласа илесси чун-чӗререн хумхантарать. Ҫак ыйтӑва ҫамрӑксенчен кӑшпӗрисем хӑйсем тӗллӗн татса пама пултараймаҫҫӗ. Партипе совет органӗсем, комсомол тата профсоюз организацийӗсем, сутӗҫ работникӗсем ҫамрӑксене професси суйласа илме, ӗҫтӑ, хӑш шкула вӗренме кӗме канашсем парса пулӑшма тивӗҫлӗ. Ҫак тӗллевпе шкултан вӗренсе тухнисем хушшинче калаҫусем ирттермелле, промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗнчи, искусствӑпа литература ӗҫӗнчи паллӑ ҫынсемпе тӗлпулусем организацилемелле.

Совет Союзӗнче, ҫавӑн пекех Чӑваш республикинче те, промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ хӑвӑрт аталанаҫҫӗ, ӗҫҫыннисен культури ӳсет, строительство ӗҫӗсем ҫулсерен сарӑлса пыраҫҫӗ. Ҫакна май фабрикӗсемпе заводсенче, машина-трактор станцийӗсенче ӗҫлеме пысӑк квалификациллӗ специалистсем — инженерсемпе техниксем, комбайнерсемпе трактористсем нумай кирлӗ.

Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра Атӑл ҫинче Шупашкар гидроэлектростанцине тума палӑртнӑ. Ҫак пысӑк стройкӑра пирӗн республикӑра ҫуралса ӳснӗ, аслӑ шкулсенчен вӗренсе тухнӑ нумай ҫамрӑксем ӗҫлӗҫ, хӑйсен ӑсталӑхне патӑрлӑхне кӑтартӗҫ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви пирӗн ҫамрӑксем валли мӗн кирлине пӗтӗмпех туса панӑ. Техникумсемпе училищӗсене тата аслӑ шкулсене ҫулленех ҫӗршер пин ҫамрӑка вӗренме илеҫҫӗ. Студентсем валли илемлӗ общежитисем тунӑ, вӗренӳре кирлӗ хатӗрсем ҫителӗклӗ, студентсене стипенди параҫҫӗ.

Эпир паянхи кӑҫатра шкул руководителӗсемпе преподавательсен тата вӑтам шкулсенчен вӗренсе тухнӑ ҫамрӑксен сыравӗсене пичетлетпӗр.

## Учительсем хатӗрлекен институтра

Совет учителӗн ӗҫӗ чыслӑ та хисеплӗ. Ӗҫҫыннисем учителе чи хаклине — хӑйсен ачисене шанса параҫҫӗ. Учитель ӳссе пыракан ҫамрӑк ӑрӑва вӗрентсе воспитани парать.

Совет халӑхӗ хӑйӗн учителӗсене юратса хисеплет. Пирӗн ҫулпуҫсем Ленинпа Сталин коммунизм обществин строительствинче учитель пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртнӑ, унӑн ӗҫне пысӑка хурса хакланӑ. Ленин совет учителӗсем халӑха ҫутта кӑларас ӗҫре тӗп ҫар пулса тӑраҫҫӗ, тенӗ. Ҫамрӑксене Ленин—Сталин ӗҫне чун-чӗререн парӑнса тӑма, Тӑван ҫӗршыва вӗҫӗ-хӗррисӗр юратма, коммунизмӑн пултаруллӑ строителӗсем пулма воспитани парас ӗҫре учитель пысӑк вырӑн йышӑнать.

Партипе правительство учителӗн пурнӑҫ условийӗсене лайӑхлатассишӗн куллен тӑрӑшаҫҫӗ. Правительство йышӑннӑ тӑрӑх, пуҫламӑш тата вӑтам шкулсенчи учительсен ӗҫ укҫийӗпе пенсине ӳстернӗ, ятти учительсене ҫӑмӑллӑхсем панӑ. СССР Верховнӑй Совет президиумӗ 1948 ҫулта кӑларнӑ Указ тӑрӑх нумай ҫул хушши тата лайӑх ӗҫленӗ учительсене орденсемпе медальсем парса наградӑлаҫҫӗ.

Чӑваш педагогика институчӗ вӑтам шкулсем валли преподавательсем хатӗрлекен пысӑк аслӑ шкулсенчен пӗри пулса тӑрать.

1933 ҫултан пуҫласа 1952 ҫулччен педагогика институтӗнчен 1.617 ҫын вӗренсе тухса, вӑтам шкул преподавателӗ ятне илнӗ. Ҫак вӑхӑт хушшинчех учительски институтран 2.098 ҫын вӗренсе тухнӑ. Институт пурӗ 3.715 учитель хатӗрленӗ. Унсӑр пуҫне нумай учительсем, партипе совет работникӗсем институтран заочно вӗренсе тухнӑ.

Институтӑн научнӑй кадрӗсем ӳсех пыраҫҫӗ. 1946 ҫулта институтри 95 преподавательрен наука кандидачӗсемпе доцентсем 12 ҫын пулнӑ. 1952—1953-мӗш вӗренӳ ҫулӗнче институтра наука кандидачӗсемпе доцентсем 30 ҫын тата филологи наукисен икӗ докторӗ ӗҫлеҫҫӗ.

Шупашкарта педагогика институчӗн ҫӗнӗ пысӑк ҫуртне тӑваҫҫӗ. Институтӑн ҫӗнӗ ҫуртӗнче вӗренӳ, наукӑпа тӗпчев ӗҫӗсене тума пур условисем те пулаҫҫӗ.

КПСС XIX-мӗш съезчӗн директивисенче 1951—1955 ҫулсенче педагогика институчӗсене вӗренме илекенсен йышне, 1946—1950 ҫулхисемпе танлаштарсан, 45 процент чухлӗ ӳстерме палӑртнӑ.

Чӑваш педагогика институтне вӗренме илесси ҫултан-ҫул ӳсе пырать. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи ҫулсенче педагогика институтне ҫулсерен вӑтам шутпа 200-шер ҫын вӗренме илнӗ. 1951—1952-мӗш вӗренӳ ҫулӗнчен пуҫласа пӗрремӗш курсра вӗренме илекенсен хисепне 400 ҫын таран ӳстернӗ. Малашне института ҫулсерен 400 ҫынтан кая мар вӗренме илмелле. Ҫапла майпа ҫӗнӗ пилӗкҫуллӑхра педагогика институтне вӗренме илекенсен хисепӗ, 1946—1950-мӗш ҫулхипе танлаштарсан, 50 процент чухлӗ ӳсет.

Кӑҫал историпе филологи, ют ҫӗршыв чӗлхисен, физикӑпа математика тата естествознани факультечӗсен пӗрремӗш курсӗсене 400 ҫын илмелле.

Институтри оборудовани пуян, кӗнеке фончӗ те пысӑк. Студентсем, обязательнӑй занятисемсӗр пуҫне, научнӑй ӗҫе хутшӑнма пултараҫҫӗ. Научнӑй ӗҫе пысӑк квалификациллӗ работниксем ертсе пыраҫҫӗ.

Педагогика практикине ҫӳреме тата наукӑпа методика ӗҫне ирттерме институт ҫумӗнче вӑтам шкул пур.

«Отлично» тата «хорошо» паллӑсемпе вӗренекен студентсене стипенди параҫҫӗ. Уйрӑмах лайӑх вӗренекен студентсем И. В. Сталин ячӗпе, И. Я. Яковлев ячӗпе тата комсомол 15 ҫул тултарнӑ ятпа памалла тунӑ стипендисене илсе тӑраҫҫӗ.

**В. КАХОВСКИЙ,**
Чӑваш педагогика институт директорӗн вӗренӳпе научнӑй ӗҫ енӗпе ӗҫлекен заместителӗ, истори наукисен кандидачӗ.

### Аттестат илчӗҫ

Ҫак кунсенче Шупашкарти 4-мӗш шкулти 10-мӗш класра вӗреннӗ ҫамрӑксене вӑтам пӗлӳ илни ҫинчен аттестат пачӗҫ. Ҫак шкултан кӑҫал 31 ҫын вӗренсе тухнӑ, вӗсенчен 16 ҫын «5» тата «4» паллӑсем лартнӑ аттестат илнӗ. 9 ҫынна ылтӑн тата кӗмӗл медальсем илме тӑратнӑ.

Лайӑх вӗреннӗшӗн тата обществӑлла ӗҫе активлӑ хутшӑннӑшӑн тӑхӑр ҫынна ВЛКСМ обкомӗ хисеплӗ грамотӑсем панӑ.

**Н. СТЕПАНОВ.**

## Эпир телейлӗ вӑхӑтра пурӑнатпӑр

Эпир вӑтам шкултан вӗренсе тухни ҫинчен аттестат илтӗмӗр. Мӗн тери пысӑк савӑнӑҫ!

Пирӗн ҫӗршывра ҫамрӑксем валли вӗренме лайӑх условисем туса панӑ. Совет Союзӗнче техникумсемпе аслӑ шкулсен йышӗ ҫуллен нумайланса пырать. Кашни ҫын хӑйӗн пултарулӑхне кура, тӗрлӗ професси суйласа илсе, пысӑк специалист пулма пултарать.

Эпир Шупашкарти 6-мӗш номерлӗ вӑтам шкултан вӗренсе тухрӑмӑр. Вунӑ ҫул хушши вӗренни ахаль пулмарӗ. Шкулти учительсемпе преподавательсем пире ҫирӗп пӗлӳ парассишӗн пӗтӗм вӑя хурса ӗҫлерӗҫ. Эпир наукӑн тӗрлӗ отраслӗсемпе лайӑх паллашрӑмӑр, тӗплӗн вӗренме тӑрӑшрӑмӑр. Вуннӑмӗш класра вӗреннӗ нумай ҫамрӑксем экзаменсенче пур предметсемпе те «5» тата «4» паллӑсем кӑна илчӗҫ.

Шкултан вӗренсе тухнисен ӗмӗчӗсем пысӑк. Вӗсем хӑйсен пӗлӗвне малалла ӳстерме тӑрӑшаҫҫӗ. Пӗрисем республикӑри институтсенче, теприсем—Мускаври, Хусанти, Горькири, Ульяновскри тата ҫӗршыври ытти хуласенчи аслӑ шкулсенче вӗренме шутлаҫҫӗ. Мӗншӗн вӗренес мар-ха пирӗн, совет ҫамрӑкӗсен! Партипе правительство куллен пулӑшнипе ӗҫҫыннисен пурнӑҫӗ куллен лайӑхланать, совет ҫамрӑкӗсен аслӑ шкулсенче вӗренме пур условисем те ҫителӗклӗ.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ Совет Союзӗнчи халӑх хуҫалӑхне малалла аталантарас, ӗҫҫыннисен пурнӑҫне татах лайӑхлатас тӗллӗшпе пысӑк задачӑсем лартнӑ. Халӗ совет ҫыннисем пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑх плана чыслӑн пурнӑҫлассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Партипе правительство пулӑшнипе пирӗн республика столици—Шупашкар хули ҫуллен ӳссе чечекленсе пырать. Хулара заводсемпе фабрикӑсем нумай ӳссе ларчӗҫ. Хальхи вӑхӑтра та строительство ӗҫӗсем анлӑ сарӑлса пыраҫҫӗ. Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра Атӑл ҫинче Шупашкар гидроэлектростанцине тума палӑртнӑ. Хулара ҫӑмӑл промышленноҫӑн чи пысӑк предприятийӗсенчен пӗри—пир-авӑр комбиначӗ пулать. Унта ӗҫлеме пысӑк квалификациллӗ инженерсемпе техниксем кирлӗ. Эпир ҫакна лайӑх ӑнланатпӑр. пир-авӑр институтӗнче вӗренме ӗмӗтленетпӗр.

Тӑван ҫӗршыв ырлӑхӗшӗн, ӗҫҫыннисен телейлӗ те савӑнӑҫлӑ пурнӑҫӗшӗн ӗҫленӗҫемӗн ӗҫлес килет. Совет Союзӗн хӑвачӗшӗн, коммунизм ҫӗнтерӗвӗшӗн ырми-канми кӗрешме эпир яланах хатӗр.

**Л. СТОЛЯРОВА, З. СОЛОВЬЕВА, А. КРЫЛОВА.**

## Техникум пулас энергетиксене кӗтсе илме хатӗр

Пирӗн ҫӗршыври ҫамрӑксемшӗн техникумсемпе училищӗсен тата аслӑ шкулсен алӑкӗсем уҫӑ.

РСФСР Коммунальнӑй хуҫалӑх министерствин Шупашкарти энерготехникумӗнче ҫулленех ҫӗршер ҫамрӑк вӗренет. Вӗсем кунта квалификациллӗ специалистсем пулма хатӗрленеҫҫӗ. Ҫирӗм ҫул хушшинче техникумран 900 ҫын вӗренсе тухнӑ. Техникумӑн воспитанникӗсене ҫӗршыври тӗрлӗ хуласенчи фабрикӑсемпе заводсенче курма пулать. Ҫӗршывра строительство ӗҫӗсем ҫуллен сарӑлса пынӑ май, энергетиксен пуласлӑхӗ те пысӑк.

Партин XIX-мӗш съезчӗн решенийӗнче электростанцисен хӑватне нумай ӳстерме, ҫӗнӗ гидроэлектростанцисем тума палӑртнӑ. Ҫак стройкӑсене тума, предприятисенчи хӑватла техникӑна ӗҫлеттерме пысӑк квалификациллӗ специалистсем нумай кирлӗ.

Шупашкарти энерготехникумран вӗренсе тухнӑ Солдаткин, Михайлов, Кузьмин, Егоров юлташсем Атӑл леш енчи электростанцинче ертсе пыракансем пулса ӗҫлеҫҫӗ. Иркутск хулинче Бодров, Лезова, Ошуркова юлташсем хӑйсене шанса панӑ ӗҫе аван туса пыраҫҫӗ. Хурансем тӑвакан заводра инженер пулса Штейник юлташ ӗҫлет. Техникумра вӗреннӗ вуншар специалистсем халӗ аслӑ шкулсенче хӑйсен пӗлӗвӗсене ӳстереҫҫӗ.

Техникумра вӗренекенсен йышӗ ҫулсеренех ӳсет. Хальхи вӑхӑтра кунта 437 ҫын вӗренет, вӗсенчен нумайӑшӗ комсомолецсем. Вӗренекенсенчен ҫурри ытла чӑваш ачисем.

Техникумра вӗренме лайӑх условисем туса панӑ. Кунта лабораторисемпе кабинетсем тата мастерскойсем пур. Студентсем лабораторилле ӗҫсем туса хӑйсен пӗлӗвӗсене ӳстереҫҫӗ. Преподавательсем пулса пысӑк квалификациллӗ педагогсем, инженерсем ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем хушшинче—Чӑваш АССР шкулӗсен тава тивӗҫлӗ учителӗсем А. С. Старостин, А. А. Васильева юлташсем.

Ҫитес вӗренӳ ҫулӗнче строительнӑй отделени уҫалать. Ҫапла вара техникум техник-электриксем, теплотехниксем, техник-строительсем вӗрентсе кӑларма пуҫлать. Вӗренекенсен пурнӑҫ условине лайӑхлатас тӗллевпе тӑватӑ хутлӑ общежити тума палӑртнӑ.

Ҫак кунсенче выпускниксем хӑйсен дипломлӑ проекчӗсене хӳтӗлессине вӗҫлерӗҫ. Кӑҫал техникумран 35 теплотехник тата 42 техник-электрик вӗренсе тухрӗ. Ҫамрӑк специалистсем Совет Союзӗнчи тӗрлӗ предприятисене ӗҫлеме каяҫҫӗ.

Ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗнче тата 150 ача вӗренме илмелле. Техникум коллективӗ ачасене—пулас энергетиксемпе строительсене кӗтсе илме хатӗр.

**Л. МИХАЙЛОВ,**
техникум преподавателӗ.

## Рабочисем вӗренеҫҫӗ

КУСЛАВККА Рабочисен поселокне пырсан кирек кам та Карл Маркс урамӗнчи икӗ хутлӑ вӑрӑм ҫурт ҫине пӑхмасӑр иртмест. Ку вӑл—ҫамрӑк рабочисен вӑтам шкулӗ. Шкула Отечественнӑй вӑрҫӑ ҫулӗсенче уҫнӑ. Унтанпа, вунӑ ҫул хушшинче, производствӑра ӗҫлекен 250 ҫамрӑка вӗрентсе кӑларнӑ.

Вӑтам пӗлӳ илнисенчен чылайӑшӗ тӗрлӗ хуласенчи аслӑ шкулсенче вӗренеҫҫӗ. Заводра грузчик пулнӑ Н. Орлов—халӗ Чӑваш педагогика институчӗн студенчӗ, В. Гизатуллин Хусанти химипе технологи институтӗнче, Р. Якубов Йошкар-Олари вӑрман институтӗнче вӗренеҫҫӗ.

Вуннӑмӗш класран кӑҫал 20 ҫын вӗренсе тухрӗ. А. Истомин тата Г. Батурина пур предметсемпе те «5» паллӑсем илчӗҫ.

Кӑҫал аттестат илнисем пурте аслӑ шкулсенче вӗренме ӗмӗтленеҫҫӗ. В. Квасковӑпа В. Кляшева Хусанти медицина институтне кӗме заявлени панӑ. Ф. Нуруллин юлташ авиаци институтне кӗме хатӗрленет. Чылай ҫамрӑксем учитель, агроном пулма вӗренесшӗн.

Шкул халӗ ҫамрӑк рабочисен ҫӗнӗ ушкӑнне йышӑнма хатӗрленет.

(Хамӑр корр.).



Шупашкарти электромеханически техникумран вӗренсе тухакансем диплом илмелли проектсене ӑнӑҫлӑ хатӗрленӗ. Кӑҫал вӗренсе тухакансен 49 проектӗнчен 19 проекта питӗ лайӑх хак панӑ.

УКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: техникумра вӗреннӗ Н. Степанов (сулахайри) диплом илме хатӗрленӗ проект ҫинчен комиссие каласа парать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Ялхуҫалӑхне специалистсем нумай кирлӗ

Пирӗн ҫӗршывра ялхуҫалӑхӗ хӑвӑрт малалла аталанса пырать. Совет агротехникин ҫитӗнӗвӗсемпе уҫӑ курса, ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансем ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ ӳсӗмсем тӑваҫҫӗ.

Партин XIX-мӗш съезчӗ ялхуҫалӑхӗ умне татах та пысӑк задачӑсем кӑларса тӑратрӗ. Ҫак задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласси уйрӑмах пысӑк квалификациллӗ специалистсенчен нумай килет.

Шупашкарта, илемлӗ ешӗрекен садра, ялхуҫалӑх институчӗн ҫуртӗ, унӑн лабораторийӗсем вырнаҫнӑ. Институт 21 ҫул хушшинче темиҫе ҫӗр специалист вӗрентсе кӑларнӑ. Чӑваш республикинче наукӑпа агрономи тата агробиологи ҫитӗнӗвӗсене пропагандӑлас тӗллӗшпе чылай ӗҫсем туса ирттернӗ.

Институт умӗнче тӑракан тӗп задача вӑл—ялхуҫалӑхӗ валли пысӑк квалификациллӗ специалистсем вӗрентсе хатӗрлесси. Ялхуҫалӑх институчӗ колхозсемпе совхозсем тата машина-трактор станцийӗсем валли ертсе пыракан кадрсем ҫулленех нумай вӗрентсе кӑларать.

Ялхуҫалӑх институтӗнче агрономи тата зоотехнически факультетсем пур. Института вӗренме кӗнӗ ҫамрӑксем марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсене, политикӑлла экономие вӗренеҫҫӗ. Ҫакӑн пекех ӳсентӑрансен пурнӑҫӗпе тӗплӗн паллашаҫҫӗ, пахча ҫимӗҫ, улма-ҫырла ҫитӗнтерес, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе ҫирӗп пӗлӳ илеҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне анатоми, ветеринари никӗсӗсене вӗренеҫҫӗ. Студентсем колхозсемпе МТС-сенче тата совхозсенче ӗҫе организацилессине тата вӗсен экономине тӗплӗн вӗренеҫҫӗ, хӑйсен пӗлӗвӗсене практикӑлла ӗҫпе сыхӑнтараҫҫӗ. Ҫавна май студентсем институтӑн опытлӑ участокӗсенче, колхозсемпе совхозсенче тата машина-трактор станцийӗсенче сӑнавлӑ ӗҫсем тӑтӑшах туса ирттереҫҫӗ.

Институтра 14 кафедра тунӑ, унта наука работникӗсем 50 ҫын ытла ӗҫлет. Вӗсенчен профессорсемпе наука докторӗсем, наука кандидачӗсемпе доцентсем 26 ҫын. Вӗсем студентсене ҫирӗп пӗлӳ парассишӗн тимлӗн ӗҫлеҫҫӗ.

Студентсем аслӑ та ҫутӑ аудиторисемпе кабинетсенче тата лабораторисенче вӗренеҫҫӗ. Кунта пуян библиотека пур. Ҫакӑ вӑл пулас агрономсемпе зоотехниксен теорилле пӗлӗвне ӳстерме, вӗсене практикӑлла хӑнӑху пама пулӑшать.

Студентсен пурнӑҫ условийӗ ҫуллен лайӑхланса пырать. Вӗсем валли илемлӗ общежити тунӑ. Унта вулакансен залӗ, кану пӳлӗмӗ пур. Студентсем хӑйсен пушӑ вӑхӑтне вӗренӳ корпусӗнчи актовӑй залра, спорт площадкинче ирттереҫҫӗ. Вӗренӳре ӗлкӗрсе пыракан студентсене стипенди параҫҫӗ. Вӗренӳ отличникӗсем Сталин ячӗпе, ВЛКСМ 15 ҫул тултарнӑ ятпа памалла тунӑ стипендисене илсе тӑраҫҫӗ.

Студентсем колхозниксем хушшинче агрозоотехника пӗлӗвӗсене, мичуринла агробиологи ҫитӗнӗвӗсене сарас тӗллӗшпе нумай ӗҫлеҫҫӗ. Ҫак тӗллевпе вӗсем хӗллехи каникул вӑхӑтӗнче тата практикӑра колхозсемпе МТС-сенче пулаҫҫӗ, лекцисемпе докладсем туса параҫҫӗ.

Институтра ӗҫлекен наука работникӗсем колхозсемпе тата ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансемпе сыхӑну тытса ӗҫлесси кашни ҫулах лайӑхланать. Институт работникӗсем час-часах колхозсенче пулаҫҫӗ, колхозниксемпе колхоз председателӗсем те института тӑтӑшах килеҫҫӗ. Вӗсем валли институтра ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсем тӑрӑх докладсемпе лекцисем, консультацисемпе калаҫусем ирттереҫҫӗ.

Институтра кашни ҫулах студентсем нумай вӗренеҫҫӗ. Пысӑк квалификациллӗ ялхуҫалӑх специалисчӗсем пулма ӗмӗтленекен ҫамрӑксемшӗн ялхуҫалӑх институчӗн алӑкӗсем яланах уҫӑ.

**Г. КАЛИНЦЕВ,**
институт директорӗ.

### Учительсен ҫӗнӗ отрячӗ

Кӑҫал Етӗрнери педагогика училищинчен 68 ҫын вӗренсе тухнӑ. Вӗсенчен 33 ҫын ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкулсенчи физкультура учителӗ ятне, 35 ҫын пуҫламӑш шкулсен учителӗ ятне илнӗ.

Ҫамрӑк учительсем Ульяновск, Чита облаҫӗсене, Узбек ССР-не тата ытти облаҫсене ӗҫлеме каяҫҫӗ. Чылайӑшӗ Чӑваш республикинчи шкулсенче ӗҫлеме путевка илчӗҫ.

**Ф. ПЕТРОВ.**

## Агроном колхоз производствин организаторӗ пулма тивӗҫ

Пирӗн районти колхозниксемпе МТС работникӗсем тата ялхуҫалӑх специалисчӗсем кӑҫал пысӑк обязательствӑсем илчӗҫ. Кашни гектартан 100 пӑтран кая мар тырпул пухса кӗртесси, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышне нумайлатнипе пӗр вӑхӑтрах унӑн тухӑҫлӑхне пӗрмай ӳстересси тата колхозсен хуҫалӑхне ҫирӗплетесси — йышӑннӑ обязательствӑсенчен тухса тӑракан тӗп задачӑсем.

Ҫав задачӑсене ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласси агрономсем тӑрӑшса ӗҫленинчен, вӗсем колхоз производствинче хӑйсен организаторла рольне кирлӗ чухлӗ палӑртнинчен килет. 1952 ҫулччен пирӗн районта мӗн пурӗ те 4 колхозра кӑна агрономсем пулнӑ. Хальхи вӑхӑтра—28 колхозра агроном пур. Вӗсемсӗр пуҫне 5 агроном колхоз председателӗсем пулса ӗҫлеҫҫӗ. Агрономсем ӗҫлекен колхозсенче ҫӗрӗҫ культури ӳссе пырать. Ҫав колхозсенче, ытти колхозсемпе танлаштарсан, тырпул, пахча ҫимӗҫ, нумай ҫул ӳсекен курӑксен тата техникӑлла культурӑсен тухӑҫлӑхӗ пысӑкрах.

Районти ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗ иртнӗ ҫултан пуҫласа ҫакӑн пек тӗллев лартрӗ: районти кашни колхозра агроном пулмалла. Колхозсенче ӗҫлекен 28 агрономран улттӑшӗ ялхуҫалӑх институтӗнчен, ыттисем — ялхуҫалӑх техникумӗнчен вӗренсе тухнӑ. Агрономсене ӗҫе вырнаҫтарнӑ чухне вӗсен пӗлӳлӗхӗпе пултарулӑхне тата вайсӑртарах колхозсене ытларах пулӑшма кирлине шута илнӗ.

Агрономсенчен чылайӑшӗ ҫамрӑксем, вӗсен опыт сахалрах-ха. Ҫавӑнпа та вӗсене ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗ енчен тӑтӑшах пулӑшса пыни кирлӗ. Ку тӗллӗшпе эпир кашни уйӑхрах ялхуҫалӑх специалисчӗсен кунне ирттеретпӗр. Кунта вӗсем тӗнчери лару-тӑру ҫинчен, партипе правительство ялхуҫалӑхне аталантарас тӗллӗшпе йышӑннӑ постановленисем ҫинчен, ялхуҫалӑхӗнчи малта пыракансен опычӗ ҫинчен лекцисемпе докладсем итлеҫҫӗ, уйрӑм агрономсем хӑйсен ӗҫӗ ҫинчен каласа параҫҫӗ. Ялхуҫалӑх специалисчӗсен кунӗнче мӗнле лекцисемпе докладсем пуласси малтанах пӗлтеретпӗр. Лекцисемпе докладсене ҫӳтсе явнӑ чухне специалистсем хӑйсен шухӑшӗсене каласа параҫҫӗ. Колхоз производствин практикӑлла ыйтӑвӗсене ҫӳтсе явас ӗҫе Иккассинчи государствӑн сортсене сӑнакан участок заведующийӗ С. Григорьев, Крупская ячӗпе тӑракан колхозри агроном Я. Филиппов, «Красный флот» колхозри агроном И. Гаврилов юлташсем активлӑ хутшӑнаҫҫӗ.

Пирӗн районти ялхуҫалӑх специалисчӗсене Шупашкарти ялхуҫалӑх институчӗн ученӑйӗсем те пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. 1953 ҫулта ялхуҫалӑх институчӗн доценчӗсем Владыкин, Кружилин тата ытти юлташсем докладсемпе лекцисем вуласа панӑ.

Колхозсенче ӗҫлекен агрономсене ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансен опычӗпе паллаштарас тӗллӗшпе тӗрлӗ экскурсисем ирттеретпӗр. Кӑҫал пирӗн агрономсем Чапаевски поселокри хушма хуҫалӑхра пулчӗҫ. Кунта вӗсем парниксене, теплицӑсене мӗнле тунипе паллашрӗҫ. Агроном Андреев юлташ парниксемпе теплицӑсене лартнӑ пахча ҫимӗҫсене пӑхса ҫитӗнтересси ҫинчен тӗплӗн каласа пачӗ.

Елчӗк районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра пулса, ҫак колхозӑн хуҫалӑхӗпе тӗплӗн паллашни пирӗн агрономсене пысӑк пулӑшу пачӗ. Ку колхозӑн обществӑлла хуҫалӑхӗ хӑвӑрт ӳссе пырать. Уй-хирти тырпул ҫав тери патмаррӑн ӳсет. Пысӑк сад ешӗрсе чечекленет. Нумай йышлӑ, пысӑк тухӑҫ паракан выльӑх-чӗрлӗх пур. Колхозниксем хӑйсен колхозне ҫирӗплетессишӗн пӗтӗм вӑй-хӑвата парса ӗҫлеҫҫӗ. Ҫаксене курни агрономсене хытӑ хумхантарчӗ. Нумай вӗренчӗҫ кунта пирӗн агрономсем. Ҫавӑн пекех Ҫӗрпӳри селекци станцинче, хамӑр районти Иккассинчи сортсем сӑнакан участокра пулни те агрономсене пысӑк усӑ пачӗ.

Колхоз агрономӗсем 3 ҫул вӗренмелли агротехника курсӗсене ертсе пычӗҫ. 1952—1953 вӗренӳ ҫулӗнче агротехника курсӗнче 600 колхозник вӗреннӗ. Агрономи наукине вӗрентес ӗҫе уйрӑммӑнах Молотов ячӗпе тӑракан колхозра (агроном Кириллова юлташ), «Память Кирова» колхозра (агроном Иванова юлташ), «Серп и молот» колхозра (агроном Демидов юлташ), Каганович ячӗпе тӑракан колхозра (агроном Антонова юлташ), Буденный ячӗпе тӑракан колхозра (агроном Герасимова юлташ) лайӑх организациленӗ.

Ҫав колхозсенче агротехника курсӗнче вӗренекен колхозниксем занятисене лайӑх йӗркелле ҫӳренӗ, хатӗрленсе пынӑ, ҫавӑнпа вӗсем экзаменра пурте лайӑх ответленӗ. Курсра вӗреннине вӗсем ҫураки вӑхӑтӗнче ӗҫре пурнӑҫлама тӑрӑшрӗҫ. Каганович ячӗпе тӑракан колхоз иртнӗ ҫулсенче яланах юлса пынӑ, агротехника правилисене пӑхӑнман пулнӑ. Колхоз агрономӗ Антонова юлташ тӑрӑшнипе кӑҫал ҫуракине кӗске срокра, ытти колхозсенчен малтан вӗҫлерӗ. Ирхи ҫертме ҫуни тумалли задание майӑн 25-мӗшӗ тӗлнех пурнӑҫларӗ.

Колхозсенче ӗҫлекен агрономсем ҫураки вӑхӑтӗнче агротехникӑн ҫӗнӗ кӑтартӑвӗсене пурнӑҫлассишӗн тӑрӑшса ӗҫлерӗҫ. Ытти ҫулсемпе танлаштарсан, кӑҫал вӑрлӑха яровизацилесе хӗреслӗ майпа нумайрах акнӑ, минераллӑ удобренисемпе ытларах усӑ курнӑ. Хальхи вӑхӑтра агрономсем тырпул пухса кӗртме тӗплӗн хатӗрленессишӗн, тырпулсене лайӑх пӑхса ҫитӗнтерессишӗн, тырпул пухса кӗртмелли ӗҫ планӗсем тӑвассишӗн тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ.

Колхозсенчи агрономсем тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли майсем ҫинчен чи малтан колхоз председателӗпе пӗрле ҫӳтсе яваҫҫӗ. Правлени ларӑвӗсенче, партипе комсомол уҫӑ пухӑвӗсенче агрономӑн докладне итлеҫҫӗ. Колхозри актив унӑн канашне пурнӑҫлама тӑрӑшать. Колхозсен агрономӗсем хӑйсен ӗҫне план тӑрӑх туса пыраҫҫӗ. Ҫав плана тума, ӑна пурнӑҫласа пыма агрономсене ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗ тата МТС пулӑшаҫҫӗ.

Кӑҫал 10 колхозра ялхуҫалӑх культури ҫурчӗсем организацилеме палӑртнӑ. Ҫак ҫуртсен ялхуҫалӑхӗнче малта пыракансен опытне колхозниксем хушшине сарас тӗллӗшпе пысӑк ӗҫсем тумалла пулать.

Колхоз агрономӗсем МТС-па тачӑн сыхӑнса ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем МТС колхозсемпе тунӑ договорсене пурнӑҫласа пынине, колхозра ӗҫленӗ вӑхӑтра агротехника правилисене тӗрӗс пурнӑҫласа пынине тӗрӗслеҫҫӗ. Трактор бригадипе колхозри уй-хир бригадисем хушшинчи ӗҫлӗ сыхӑнӑва ҫирӗплетессишӗн тӑрӑшаҫҫӗ. Ҫак сыхӑну ялхуҫалӑхӗнчи ӗҫсене вӑхӑтра тата пысӑк пахалӑхпа туса ирттерме пулӑшать.

Колхоз агрономӗсем колхозниксен ӑмӑртӑвне йӗркелесе пыраҫҫӗ. Колхозниксем артель йышӑннӑ обязательствӑсене мӗнле пурнӑҫласа пыни ҫинчен тӑтӑшах каласа параҫҫӗ. Ӑмӑрту договорӗсене тӗрӗслес ӗҫе хутшӑнаҫҫӗ.

Нумай пулмасть тырпул пухса кӗртме хатӗрленес енӗпе колхозсем пӗр-пӗрин ӗҫне тӗрӗслерӗҫ. Пирӗн районти колхозниксем Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи колхозсенче те пулчӗҫ. Ӑмӑрту итогӗсем ҫавна кӑтартрӗҫ: пирӗн район ҫуракинче нумай ӗҫсемпе малта пынӑ.

Колхоз агрономӗсен ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем те пур-ха. Хӑшпӗр агрономсем колхозсенче кирлӗ пек авторитетпа усӑ кураймаҫҫӗ. Кун пек агрономсем хӑйсен ӗҫне плансӑр туса пыраҫҫӗ. Районти ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗ, МТС агрономӗсем вӗсене ҫителӗклӗ пулӑшу памаҫҫӗ. Ку ҫитменлӗхсене пӗтерме сывӑх вӑхӑтрах кирлӗ мерӑсем йышӑнмалла.

Хальхи вӑхӑтра тырпула лайӑх пӑхса ӳстересси, ӑна пухса кӗртме тӗплӗн хатӗрленесси тӗп задача пулса тӑрать. Кӑна тума кашни колхозӑн тӗплӗ шухӑшласа тунӑ ӗҫ планӗ пулмалла. Ялхуҫалӑх машинисене лайӑх юсамалла, витнӗ итемсем, сушилкӑсем, складсем тумалла.

Кашни агроном колхоз производствин ӑста организаторӗ пулса тӑрсан кӑна, эпир тырпул пухса кӗртес ӗҫе ӑнӑҫлӑ ирттерме, хамӑр йышӑннӑ обязательствӑсене чыслӑн пурнӑҫлама пултаратпӑр. Ҫакӑншӑн ӗнтӗ кашни агрономӑн пӗтӗм вӑй-хӑватне, пӗлӳлӗхе парса ӗҫлемелле.

**П. ЕФРЕМОВ,**
Шупашкар районӗн ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управлени начальникӗ.

## Утӑ ҫулаҫҫӗ, силос хываҫҫӗ

ВӐРМАР. (Телефонпа). Районти хӑшпӗр колхозсенче иртнӗ ҫул выльӑхсем валли апат ҫителӗклӗ хатӗрлейменнипе обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫре пысӑк йывӑрлӑхсем пулчӗҫ. Кӑҫал районта выльӑх апачӗ хатӗрлес енӗпе тимлӗрех ӗҫлеҫҫӗ. Халӗ колхозсем ҫаран утти тата пӗр ҫул ӳсекен курӑксем ҫулаҫҫӗ, витаминлӑ апат хатӗрлеҫҫӗ.

«Дружба» колхоз уй-хирӗнче тата улӑхсенче кӑҫал курӑк нихҫанхинчен лайӑх ӳссе ҫитӗннӗ. Ку колхоз районта чи малтан утӑ ҫулма, силос хывма тытӑнчӗ. Н. Зайцева коммунистка ертсе пыракан уй-хир бригади 3 кун хушшинче 373 тонна силос хывса плана ирттерсе тултарчӗ. Силос хывнӑ ҫӗрте куллен 50 ҫын, 30 лав ӗҫлеҫҫӗ. Ӗҫре уйрӑмах В. Иванов, И. Николаев, Н. Степанов, И. Иванов комсомолецсем ырӑ тӗслӗх кӑтартаҫҫӗ. Енер колхозра В. Григорьев механизатор ертсе пыракан трактор бригади те ХТЗ трактор хыҫҫӑн 3 косилка кӑкарса утӑ ҫулма пуҫларӗ. Колхоз витаминлӑ апат та хатӗрленӗ.

«Победа», «Маяк», «Красная Кубня», Калинин ячӗпе тӑракан колхозсенче те силос хываҫҫӗ.

«Гигант», «Динамо», Сталин ячӗпе тӑракан колхозсенче МТС машинисемпе утӑ ҫулаҫҫӗ. Ҫулса пухнӑ утта ҫийӗнчех капана хываҫҫӗ.

Ленин ячӗпе тӑракан колхозри комсомолецсемпе ҫамрӑксем пуҫарнипе июнӗн 28-мӗшӗпе июлӗн 5-мӗшӗ хушшинче выльӑх апачӗ хатӗрлемелли эрнелӗх пулса иртет.

«Авангард» тата Мичурин ячӗпе тӑракан колхозсенче комсомолецсем вӑрманта курӑксем пухса 20-шер тонна силос хывнӑ. «Правда», «Слава», Сталин ячӗпе тата Чапаев ячӗпе тӑракан колхозсенче те 20—30-шар тонна силос хывнӑ.

**И. ВОЛКОВ.**

МУРКАШ. Районти колхозсем улӑх ҫаранӗсенчи курӑка тата нумай ҫул е пӗр ҫул ӳсекен курӑксене ҫулма тытӑнчӗҫ. Сталин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем 125 гектар утӑ ҫулчӗҫ. Колхозра утӑ ҫулса капана хывас ӗҫе 12 кун хушшинче вӗҫлеме палӑртнӑ.

Утӑ ҫулас ӗҫре М. Ооьков, И. Спасин, А. Тимофеев коммунистсем ертсе пыракан бригадӑсен членӗсем малта пыраҫҫӗ. Утӑ ҫулакансен ӗҫне лайӑх йӗркеленипе пула колхозниксенчен нумайӑшӗ ӗҫ нормине чылай ирттерсе тултараҫҫӗ.

Утӑ ҫулас ӗҫ ҫавӑн пекех «Знамя коммунизма», «Красное Сормово» тата «Сталинец» колхозсенче те ӑнӑҫлӑ пулса пырать.

Обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли ҫителӗклӗ апат хатӗрлес шутпа «Свобода» колхоз членӗсем клевертан 80 тонна ытла силос хывса хӑварчӗҫ.

**Н. БАРМИНОВ.**



Демократиллĕ Германи Республикинче машина-трактор станцисем 600 яхăн шутланаççĕ. Çав станцисенче ĕçлекен кадрсене вĕренÿ комбиначĕсем хатĕрлеççĕ. Вĕренÿ комбиначĕсенчен пĕри Галле хулинче. Кунта вĕренекенсем ялхуçалăх машинисемпе тĕплĕ паллашаççĕ.

ÿКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: преподаватель А. Качер вĕренекенсене молотилка çинчен каласа парать.

ЦЕНТРАЛЬБИЛЬД фотоÿкерчĕкĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик нимĕç халăхне чĕнсе калани

БЕРЛИН, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Берлинăн демократиллĕ секторĕнчи радиостанци Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ нимĕç халăхне чĕнсе калани çинчен пĕлтернĕ. Халăха чĕнсе каланинче Вильгельм Пик çакна кăтартса парать: Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕпе Демократиллĕ Германи Республикин правительстви тытса пыракан политика халăхăн мĕнпур сийĕсен пурнăç шайне ÿстерме, республикăри пĕтĕм ĕçе лайăхлатма, çĕршывăн хĕвелтухăçпе хĕвеланăç хушшинчи уйрăмлăхне пĕтерме пулăшать.

Шăпах та çак политика пĕрлĕхпе мир ĕçне туса пынăран ĕнтĕ халăх тăшманĕсем—монополистсемпе вăрçă чĕртекенсем чунтан хăраççĕ.

Июнĕн 17-мĕшĕнче Берлинра пулса иртнĕ фашистла провокаци партипе правительствăн çак çул-йĕрне пĕтерсе лартас тĕллев тытнă.

«Ĕççыннисен пысăк пайĕ,—тенĕ малалла В. Пик,—хăйне чăтăмлă тытнипе, халăх полицийĕ хăюллă ĕçсем туса иртгернипе тата Совет çарĕсем ĕçе вăхăтра хутшăннипе пушар çулăмне çĕнĕ вăрçă тухма париччен сÿнтерсе лартнă.

Халĕ çĕнĕ çул-йĕре тата ытларах вăй хурса пурнăçа кĕртсе пымалла. Июнĕн 9-мĕшĕнчен пурнăçлама тытăннă тата малашне та халăх пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе иртгерме палăртакан ĕçсене хăвăрт та татăклăн пурнăçлас пулать... Кашни тÿрĕ шухăшлă нимĕçĕн халĕ çакна ăнланас пулать: нимĕçсем пĕр-пĕрне ăнланмалли çула тасатса парас тесен, мĕнпур Германире чăннипех ирĕклĕ суйлавсем иртгермелле тăвас тата тÿрĕлĕхлĕ мир договорĕ тăвас тесен, фашистла провокаторсене çĕмĕрсе тăкмалла.

Пирĕн партипе Демократиллĕ Германи Республики правительствин çĕнĕ çул-йĕрĕ тăрăх халăх ырлăхĕшĕн, Германи пĕрлĕхĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн малалла!»

## Георгий Димитров вилнĕренпе тăватă çул тултарни

### София хулинчи хурлăхлă пуху

СОФИЯ, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян халăх театрĕнче Георгий Димитров вилнĕренпе тăватă çул тултарнă ятпа София хулинчи ĕççыннисен хурлăхлă пухăвĕ пулса иртнĕ.

Каçхине 7 сехетре президиум сĕтелĕ хушшине Болгарири Коммунистсен партийĕпе правительство руководителĕсем, Вылко Червенковпа пĕрле, çавăн пекех тата çĕршыври ытти обществăлла паллă деятельсем тухаççĕ.

Пуху хисеплĕ президиума тăвăллăн алă çупса Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне суйлать.

Пуху Георгий Димитрова асăнса ура çине тăрать тата пĕр минутлăха шăп пулать.

Георгий Димитров вилнĕренпе тăватă çул тултарни çинчен Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ тата Болгари Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Антон Югов доклад тунă.

## Георгий Димитров мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕсем хунă

СОФИЯ, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕпе Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕсем, Министрсен Совечĕн председателĕпе тата Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарĕ Вылко Червенковпа пĕрле, Георгий Димитров мавзолейĕ умне чечек кăшăлĕсем хунă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Хагамнен районĕнче тата Пенамдонран кăнтăр-хĕвеланăç енче вырăнти пĕлтерĕшлĕ çапăçусем иртгернĕ. Тăшманăн пĕр полкĕ 30 самолет тата вуншар танксем пулăшнипе ултă хутчен хаяр атакăсем тунă. Атакисене тăшмана пысăк сухату кÿрсе сирсе пăрахнă.

Халăх çарĕн чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ÿкернĕ, 5 самолетне сиенленĕ.

### Синьхуа агентстви лисынмановецсемпе чанкайшистсен каварĕ çинчен

ПЕКИН, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернинче çапла каланă:

Американецсем ирĕк панипе лисынмановецсемпе чанкайшистсем тыткăнри Китай халăх добровольцĕсене вăйпа тытса чарма çĕнĕ плансем хатĕрлеççĕ.

Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, майăн 14-мĕшĕнче, Пĕрлешÿллĕ Штатсем Паньмыньчжонри калаçусенче хăйсен «урăхла сĕнĕвне» тăратнă хыççăн тепĕр кунне гоминдан вăрă-хурахĕсем Пĕрлешÿллĕ Штатсен Тайваньри «посолне» Ренкина Америкăн «урăхла сĕнĕвне» хирĕçлесе протест панă. Вĕсем—нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен репатриаци тĕлĕшпе ĕçлекен комисси туса хурассине хирĕç. Чан Кай-ши майăн 17-мĕшĕнче Интернейшнл ньюс сервис агентствин корреспондентне çырса панă заявленире тÿрех репатриаци туман тыткăнри Китай халăх добровольцĕсене уççăнах хăйĕн аллине пама ыйтнă. Лисынмановецсемпе гоминдановецсем тыткăнри китаецсене тытса чармалла тăвас тĕллевпе пĕрле план туса хатĕрлеме тача çыхăну тытма пуçланă. Гоминдан вăрă-хурахĕсем тыткăнри çар çыннисене Тайвань утравĕ çине илсе кайма транспорт та хатĕрлесе хунă пулнă.

Çав вăхăтрах гоминдан вăрă-хурахĕсем лагерьсенчи хăйсен вăрттăн агенчĕсем урлă тыткăнри çар çыннисене пусмăрлама тытăннă. Агентсем тыткăнри çар çыннисене Ли Сын Ман патне хăйсене «ирĕке кăларма» ыйтса хăйсен юнĕпе «петици» çырма хĕтĕртнĕ. Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчĕ июнĕн 29-мĕшĕнче Сеултан пĕлтернинче çапла каланă: çак «петицие» Ли Сын Ман тыткăнри çар çыннисен пысăк пайне вăйпа «ирĕке кăларас» умĕн кăна çырса пĕтернĕ.

Корея халăх çарĕн тыткăнри çар çыннисен пысăк пайне Ли Сын Ман вăйпа тытса чарнă хыççăн, тесе çырать корреспондент, гоминдан вăрă-хурахĕсем пĕр енчен—Чечжудо утравĕ çинчи лагерьсенчен тыткăнри çар çыннисене «ирĕке кăларма» ыйтса «демонстраци» туса иртгернĕ, тепĕр енчен, Ли Сын Ман пулăшнипе, тыткăнри Китай халăх добровольцĕсене вăйпа тытса чарма пуçланă. Юнайтед Пресс агентстви июнĕн 18-мĕшĕнче Пусанран пĕлтернĕ тăрăх, Пусан çывăхĕнчи пĕр госпитальрен тыткăнри 113 китаеца вăрласа кайнă.

## Совет спортсменĕсем Стокгольмра

СТОКГОЛЬМ, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн çăмăл атлечĕсем Стокгольма пырса çитни Швеци спортсменĕсене хытă савăнтарать. Пур хаçатсем те Совет Союзĕнчи çăмăл атлетсем çинчен, вĕсем юлташла ăмăртăва хатĕрленсе иртгерекен тренировка çинчен пысăк материалсем пичетлеççĕ. Хаçатсенче çавăн пекех нумай фотоÿкерчĕксем пичетлесе кăларнă.

Пысăк хаçатсен спорт енĕпе ĕçлекен обозревателĕсем совет спортсменĕсем Стокгольмри стадионра тренировка иртгернине курнă май совет спортсменĕсен спорт ĕçĕнчи пысăк ăсталăхне палăртса çыраççĕ. «Стокгольмстиднинген» хаçат çырнă тăрăх, Швеци спортсменĕсем Совет Союзĕнчи çăмăл атлетсенчен нумай вĕренме пултараççĕ. Хаçат уйрăмах диск ывăтас енĕпе совет мастерĕсенчен вĕренме кирлине палăртать.

Пур хаçатсем те ăмăртури чи интереслĕ тапхăр — 5 пин метр хушшине совет спортсменĕ Александр Ануфриев тата Швеци спортсменĕ Бертиль Альбертссон ăмăртса чупасси пулать, тесе çыраççĕ.

Хăй вăхăтĕнче 5 пин метр дистанцие чупса тĕнчере малти вырăна йышăннă Швеци спортсменĕ Гундерс Хэгг Ануфриев патне çыру янă. Вăл Ануфриева Стокгольма пынă ятпа саламлать, ăна çĕнĕ çитĕнÿсем тума ырлăх сунать.

Совет спортсменĕсем пресс-конференци иртгернĕ. Пресс-конференцире Швеци хаçачĕсен нумай корреспонденчĕсем пулнă.

## Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕ хыççăн

ПРАГА, июлĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви ĕнер миршĕн тăракансен Чехословаки комитечĕн ларăвĕ пулса иртни çинчен пĕлтерет. Ларура Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕн ĕçĕсем çинчен сÿтсе явнă.

Президиум миршĕн тăракансен вырăнти комитечĕсене Чехословаки республикинчи халăха Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн сессийĕн ĕçĕсемпе паллаштарма сĕннĕ.

## США сенатĕнче

ВАШИНГТОН, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян сенат «хăрушсăрлăх тума пĕр-пĕрне пулăшас» ĕç валли 5 миллиард та 318 миллион доллар укçа памалла тăвасси çинчен калакан закон проектне çирĕплетнĕ. Малтанлăха çакăн чухлĕ укçа парассине чакарас тĕлĕшпе тăратнă чылай сĕнÿсене сирсе янă пулнă. Çак закон проектне представительсен палатипе килĕштермелле пулать. Çакна сенат тата представительсен палати ырласа йышăннă закон проектĕнчи уйрăмлăхсене пĕтерес тĕлĕшпе тăваççĕ.

Уйрăмлăхсем мĕн чухлĕ укçа памалли çинчен тăракан ыйту пирки пулнă. Представительсен палати çак ĕç валли 4.998 миллион доллар укçа памалла тунă. Европăри оборона пĕрлешĕвне тăвасси çинчен калакан килĕшĕве йышăнмалла тăвас сăлтавпа сенат президента çак килĕшĕве йышăначчен Европăна «çар пулăшăвĕ» пама палăртнă укçаран пĕр миллиард доллар тытса чарма ирĕк панă. Представительсен палати çак услови обязательнă пулмалла тесе йышăннă. Çавăн пекех ытлашши ялхуçалăх таварĕсене сутмалла тăвас пирки те уйрăмлăхсем пур.

## Гренландире Америка çар влаçĕсем хуçаланаççĕ

КОПЕНГАГЕН, июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Вăрçă хыççăнхи çулсенче США Гренландири Туле ялĕ патĕнче сывлăш-çар базисем нумай туса лартнă. Çакна май Туле ялĕнче пурăнакансене ытти вырăна куçарнă. Туле ял халăхне куçарса каяс ĕçе Дани техникĕсем те хутшăннă.

Çакна май «Политикен» хаçат çапла çырать: «Текех ĕнтĕ эскимоссем пурăнакан Туле ялĕ çук. Эскимоссене пурне те Инглфильд бухти патне куçарса кайнă. Вĕсем палаткăсенче пурăнаççĕ».

«Ланд ог фольк» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Америка çар влаçĕсен çакнашкал ĕçĕ Гренланди халăхне хытă тарăхтарать.

### ХĔВЕЛАНĂÇ АВСТРИРЕ МИЛИТАРИСТЛА ЭЛЕМЕНТСЕМ ПУÇĔСЕНЕ ÇĔКЛЕМЕ ПУÇЛАНА

ВЕНА, июлĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Австрире тухса тăракан хаçатсем «салтаксен тĕлпулăвĕсем, вĕсен слечĕсем» çинчен нумай ç...ççĕ. Çак тĕлпулусемпе слетсенче уççăнах вăрçă пропаганди сараççĕ.

«Зальцбургер нахрихтен» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çакăн пек слетсенчен пĕри нумаях пулмасть Зальцбургра пулса иртнĕ. «Слета» Гитлер çарĕнче пулнă 6 пин ытла салтаксемпе офицерсем хутшăннă. «Слет» хыççăн парад пулнă. Парада Хĕвеланăç Австрири «салтаксен юлташлăхĕ» текен 50 организаци членĕсем хутшăннă.

### Америка издателĕ Хĕвеланăç Европăри халăх шухăш-кăмăлĕ çинчен

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс агентствин Нью-Йоркри корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, «Нью уик» журнал издателĕ Малькольм Мюир Европăра икĕ уйăх пулса Америкăна таврăннă хыççăн, Нью-Йоркра пичет представителĕсене çапла каласа пĕлтернĕ: Европăра халăхи вăхăтра американецсене нихçанхинчен те ытла шанмаççĕ, тенĕ.

Мюир çавăн пекех тата европеецсем Çурçĕр Атлантика союзне те хисеплеме пăрахаççĕ, тенĕ. Европăри оборона пĕрлешĕвне туса хурасси çинчен хатĕрленĕ договора йышăнмасăр тăма пултараççĕ.

Мюир каланă тăрăх, Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенче Совет Союзĕн, мирлĕ политики пысăк хисепре.

## Пĕлтерни

1953 çулхи июлĕн 5-мĕшĕнче Шупашкар хулинчен 3 километрта, Етĕрне çулĕ çинче, вăрманта, юрă праçникĕ пулать.

Праçник 12 сехетре пуçланать.

Юрă праçникне каякансем валли автотранспорт ирхине 7 сехетрен пуçласа 12 сехетчен ĕçлет. Автобуссем çÿремелли маршрутсем:

1. Электроаппаратура завочĕ патĕнчен пуçласа праçник пулмалли вырăна çитиччен—4 автобус;

2. Хĕрлĕ площадьрен праçник пулмалли вырăна çитиччен—5 автобус.

Предприятисемпе учрежденисенчи рабочисемпе служащисем праçник вырăнне предприятисемпе учрежденисен транспорчĕпе каяççĕ.

Июлĕн 5-мĕшĕнче 9 сехетрен пуçласа праçник иртиччен Етĕрне çулĕпе нимĕнле транспорт та ямаççĕ. Çав вăхăтра Етĕрне çулĕпе каймалли машинăсемпе лавсен Кировски поселок урлă тата Протопопиха урлă кайса вак çулпа Етĕрне çулĕ çине тухмалла.

КОМИССИ.

## Баскетбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн

Шупашкарти «Энергия» спорт обществи стадионĕнче баскетбол вăййипе республикăра мала тухмалли ăмăрту пырать.

Ăмăрту пуçланнă кун Шупашкарти «Динамо» спорт обществин арçынсен команди Канаш хули командине 72 : 5 шутпа, «Спартак» команди «Медик» спорт обществи командине 60 : 12 шутпа, Улатăр хули команди «Молния» спорт обществи командине 57 : 2 шутпа çĕнтернĕ. «Молния» спорт обществи баскетболисчĕсем тепĕр вăйăра «Искра» спорт обществи командинчен 32 : 30 шутпа выляса илнĕ. «Искра» спорт обществи команди Канаш хули командине 36 : 18 шутпа çĕнтернĕ, анчах «Медик» командине 23 : 10 шутпа выляса янă.

Хĕрарăмсен командисем хушшинче «Медик» тата «Искра» спорт обществисемпе Канаш хули командисем лайăхрах выляни курăнать. Канаш хулинчи баскетболисткăсем Сĕнтĕрвăрри командине 46 : 4 шутпа, Улатăр хули командине 34 : 12 шутпа çĕнтернĕ. «Медик» спорт обществи команди, «Спартак» спорт обществи баскетболисткисенчен 35 : 2 шутпа, Сĕнтĕрвăрри командинчен 32 : 8 шутпа выляса илнĕ. «Искра» спорт обществи команди «Молния» командине 27:24 шутпа, спартаковкăсене 20 : 10 шутпа çĕнтернĕ.

*Суд*

## Вăрă-хурахсене тивĕçлипе айăпланă

Чăваш АССР Верховнăй сучĕн уголовнăй ĕçсен коллегийĕ Комсомольски районĕнчи Урмаелĕнчи М. А. Юмаков организациленĕ вăрă-хурах шайккине айăплас ĕçе пăхса тухнă. Çак шайкăра Х. Акшев, М. Акшев, Н. Фаткулин тата М. Ахметзянов пулнă. Вăрă-хурахсем Комсомольски районĕнчи потребкоопераци магазинĕсене çаратса пурăннă.

Çак вăрă-хурах шайкки Чурачăк ялповĕн Çĕнĕ Выçли лавккинчен 7.638 тенкĕлĕх, Комсомольски ялповĕн Çĕнĕ Шăхран лавккинчен 14.518 тенкĕлĕх тавар вăрланă. Вăрă-хурахсем çавăн пекех Комсомольски ялповĕн Луцкинчи лавккине çаратма хăтланнă. Лавккана хураллакан Тимофеева сисĕмлĕ пулни вĕсене ирсĕр ĕçе пурнăçлама май паман.

Чăваш АССР Верховнăй Сучĕн уголовнăй ĕçсен коллегийĕ Юмакова, Х. Акшева, М. Акшева, Ахметзянова тата Фаткулина 25-шер çул хушши ĕçлесе юсанмалли лагерьте усрама, лагерьтен тухсан пилĕк çул хушши суйлав прависĕр хăварма тата пуриннe те пурлăхĕсене конфискацилеме приговор йышăннă. Юмакова, Х. Акшева тата М. Акшева айăпланă вăхăт тухнă хыççăн пилĕк çул хушши Совет Союзĕн инçетри районĕсенче усрамалла тунă.

Ĕççыннисем приговора хапăл туса йышăннă.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья: — Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе куллен тăрăшса ĕçлемелле. Таван çĕршывра.

Çынна пăхăнтарнă Иртыш (Усть-Каменогорск ГЭС-не ĕçе яни çинчен).

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлер (Чкаловски, Хĕрлĕ Чутай тата Кувакино районĕсенче выльăх апачĕ хатĕрлени çинчен килнĕ çырусем).

Куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăларар, пахалăхне лайăхлатар.

Миршĕн кĕрешес ĕçре хĕрарăмсем пысăк вăй (Хĕрарăмсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕн делегачĕ, СССР Верховнăй Совет депутачĕ Е. А. Фурцева каласа пани).

## Австрири реакци халăха хирĕçле ĕçсем тăвать

Австри парламентне суйланăранпа тăватă уйăх иртрĕ. Çав суйлава Австрире влаçра тăракансем черетлĕ суйлав вăхăчĕ çитиччен, васкавлăн иртгернĕ. Çакă вăл ăнсăртран килмен. Парламента васкавлăн суйлани Австрире «экономикăлла çĕнĕ программăна» пурнăçлассипе çыхăнса тăнă. Ку «программăна» Австри правительствин США хушнă тăрăх йышăнмалла пулнă. Çав «программа», хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Австрие агрессиллĕ Атлантика блокĕн хÿрешки туса хурассине васкатать. Программăра акă мĕн тума палăртнă: çĕршыври мирлĕ производствăна чакарса, çар промышленноçне вăйлатмалла, Атлантика блокне хутшăннă çĕршывсене стратегиллĕ чĕртавар сутассине тата электроэнерги парса тăрассине ÿстерсе пымалла, çар базисемпе стратегиллĕ çулсем тумалла, Австрин тара тытнă çынсенчен тăракан çарне çĕнĕрен туса хурса, унăн йышне ÿстерсе пымалла.

Австри халăхĕ çак программăна хирĕç тăрассине Австри пуçлăхĕсем малтанах пĕлнĕ. Çавăнпа та Фигель-Шерф правительстви 1953 çулхи кĕркунне пулмалли суйлавччен çĕнĕ программа çинчен халăха пĕлтерме хăюлăх тупайман, мĕншĕн тесен халăхăн пысăк пайĕ, паллах ĕнтĕ, çавăн пек программа йышăннă правительствăна хирĕç сасăлăнă пулĕччĕ. Вара Австри правительстви халăха улталас çул çине тăнă, программăна хăвăртрах пурнăçлас тесе, парламент суйлавне те васкавлăн туса иртгернĕ. Халăха улталанипе тата полици террорне пула çĕнĕрен суйланă парламента реакциллĕ партисен представителĕсем ытларах кĕрсе кайнă.

Суйлавсем хыççăн Австри канцлерĕ пулма фашистла хеймвер руководителĕ сенчен пĕри пулнă çынна, шултра промышленность представительне Раабăна уйăрса лартнă. Вăл туса хунă реакциллĕ правительствăна хирĕç протестлени пĕтĕм çĕршывра сарăлса кайнă. Демократиллĕ общественность палăртнă тăрăх, Рааб правительстви çĕршыва çав тери пысăк йывăрлăх патне илсе çитерĕ тесе шикленеççĕ. «Австрири халăх оппозицине» ертсе пыракансем хăйсен заявленийĕнче çапла каланă: Рааба канцлер пулма, Камица финанс министрĕ пулма уйăрса лартни Камиц планне, урăхла каласан, ĕç укçине чакармалли, ĕççĕрлĕхе ÿстермелли, Австри экономикине ют çĕршывсен çар промышленноçне пăхăнтармалли плана пурнăçламалли утăм пулать, тенĕ.

Австри правительствине туса хунăранпа иртнĕ вăхăт çав заявлени тĕрĕс пулнине кăтартса пачĕ. Парламент суйлавĕсем пулса иртнĕренпе Австри пуçлăхĕсем халăха хирĕçле виçĕ пысăк ĕç тунă. Апрелĕн 22-мĕшĕнче вĕсем парламентра çĕршыва милитаризацилеме ĕççыннисем çине пысăк налогсем хумалли бюджет (вăхăтлăх бюджет шутланнăскер) 1953 çул вĕçне çитиччен пулать тесе закон йышăнтарнă. Апрелĕн 24-мĕшĕнче парламент заем кăларасси çинчен закон йышăннă. Çак заема Хĕвеланăç Германири хĕçпăшал туса кăларакан предприятисене электроэнерги парса тămалли гидроэлектростанци туса лартма укçа-тенкĕ пухас шутпа кăларнă. Çĕнĕ правительство туса иртгернĕ виççĕмĕш ĕç укçана (шиллинга) девальваци туни (йÿнетни) пулать. Çакă вăл халăха кирлĕ таварсем хакланнине, ĕççыннисем тÿлекен налогсем ÿснине, вĕсен ахаль те начар пурнăçĕ тата ытларах начарланассине пĕлтерет.

Çапла вара, Рааб—Шерф—Камиц правительстви, унчченхи правительство пекех, Австри халăхне хирĕç, çĕршывăн хĕвеланăç пайне милитаризацилемелли политика тытса пырать. Вăл Австрин хĕвеланăç зонине Атлантика блокĕ валли салтаксем паракан «Альп крепоçĕ» туса хурасшăн. Потсдамри килĕшĕве пăсса, Австрин хĕвеланăç пайĕнче стратегиллĕ çулсем, казармăсем, çар аэродромĕсем, çар техникипе хĕçпăшал хумалли пысăк складсем тăваççĕ.

Австрире çар промышленноçне çĕнĕрен вăйлăн аталантарма тытăннă. Сăмахран, Штири провинцийĕнчи заводсем хĕçпăшал кăна туса кăлараççĕ. Капфенбергри «Белерверке» завочĕсем те çар хатĕрĕсем тăваççĕ. Австрири хаçатсенче çырнă тăрăх, Вельсра (Тури Австри) гитлеровецсен оккупацийĕ вăхăтĕнче туса лартнă авиаци завочĕсене çĕнĕрен юсаса çитернĕ. «Нейе Цейт» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çав ĕçе Хĕвеланăç Германири фирмăсем хутшăннă. Çитес вăхăтрах кунта моторсем тума, самолетсем пухма тытăнаççĕ.

Нумаях пулмасть Австрири промышленниксем Европăри хурçăпа çĕр кăмрăк пĕрлешĕвĕнче ялан ĕçлекен представительство тума ыйтнă. Çакăн пирки правительство решени йышăннă. Хаçатсем ку решение çĕршывăн металлургипе йывăр промышленноçне Рур монополийĕсен пайĕ туса хурса, Атлантика блокне халăхран вăрттăн стратегиллĕ чĕртавар парса тăрас тĕллевпе йышăннă, тесе çыраççĕ.

Атлантика блокĕнчи çĕршывсене тимĕр, хурçă тата йывăç илсе каясси 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 51 процент ÿснĕ. Çак чĕртаварпа тата çурма фабрикатсемпе Австрири заводсенче те усă курма, халăха валли кирлĕ япаласем туса кăларма пулнă пулĕччĕ. Вара Австрири ĕç тупăнманнипе хĕн-хур куракан рабочисенчен пĕр пайĕ ĕç тупнă пулĕччĕ.

Австрири реакциллĕ ушкăнсем халăха хирĕç çав ĕçсене тунипех чарăнса тăмаççĕ. «Эстеррайхише фольксштимме» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Австрире влаçра тăракансем ют çĕршыв капиталисчĕсене Австрири предприятисемшĕн укçа тÿлеме пуçланă. Унтан та ытларах, кунта халăхран вăрттăн Австрири электростанцисене ют çĕршывсене сутмалли план тăваççĕ. Рурти питĕ пуян çынсене «вĕсен пуянлăхĕсене» таварса парасси çинчен те калаçаççĕ. Англири «Манчестер гардиан» хаçат çырнă тăрăх, Хĕвеланăç Германири тупă завочĕсен хуçисене Австрири промышленность предприятийĕсенчен 40 процентне парасси çинчен сăмах пырать.

Халăх интересĕсене хирĕç пыракан çак плансене пурнăçлани Австри экономикине пысăк сиен кÿрет, Австри халăхĕ никама пăхăнмасăр пурăнассине пĕтерет.

Австрин хĕвеланăç пайĕнче тара кĕрешнĕ салтаксенчен çар туса хурас тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем тăваççĕ. Жандармери подразделенийĕсене çынсем илнĕ чухне чи малтанах кам хĕвелтухăçĕнчи фронтра çапăçнине шута илеççĕ, çав çынсене вара жандармерине ĕçлеме илеççĕ. Тара тытнă çар туса хумалли центр Зальцбургра. Ятарласа тунă бюросем 1928—1931 çулсенче çуралнă çамрăксене тĕплĕн шута илеççĕ, вĕсем çар ĕçне вĕреннине, çапăçура пулнине тата ыттине те тишкĕреççĕ.

Кунтах тĕрлĕрен фашистла союзсене тепĕр хут чĕртсе яраççĕ. «Никама пăхăнманнисен союзĕ», «Австрири салтаксен союзĕ» (вăрçă преступникĕ Рендулиц ертсе пыраканскер), «Çамрăк фронт» текен фашистла тата фашистсем майлă организацисене юриех хавхалантарса пыраççĕ.

Австрире влаçа тытса тăракан ушкăнсен халăха хирĕç пыракан политики ĕççыннисен пурнăçне йывăрлатнăçемĕн йывăрлатать. Çакна ăна ĕççĕр юлнисен йышĕ иртнĕ хĕлле 300 пин çынна çитниннчен те курма пулать. Австрири мĕнпур хуласенче ĕççĕр юлнисен конференцийĕсем пулса иртеççĕ. Конференцисенче вĕсем: «Эпир ĕç тата çăкăр ыйтатпăр», «Эпир мирлĕ экономикăна аталантарма ыйтатпăр», тесе лозунгсем кăларса тăраççĕ. Çак конференцисенчен пĕри кăçалхи март уйăхĕн вĕçĕнче Венăра пулса иртнĕ. Конференцие пынисем палăртнă тăрăх, Австри столицинче иртнĕ февраль уйăхĕнче ĕççĕр юлнисен йышĕ 80 пин çын ытла, 1952 çулхи февраль уйăхĕнчипе танлаштарсан 18 хут ытларах пулнă.

Мирлĕ производство чакса пынă май ĕççĕр юлнисен йышĕ тата ытларах ÿсет.

Фашистла диктатура чухнехи тата халĕ тунă пысăк налогсем ĕççыннисен пурнăçне чăтма çук йывăрлатаççĕ. Кунпа пĕрлех халăха кирлĕ таварсен хакĕсем юлашки пилĕк çул хушшинче кăна пилĕк хут ÿснĕ. Аслă шкулсенче вĕреннĕшĕн тÿлекен укçа хисепне ÿстерме çĕнĕ проект хатĕрленĕ. Австри халăхĕ пурăнмалли çуртсем çуккипе пысăк асап тÿсет. Унта хваттерсĕр çынсен хисепĕ 250 пин çынна çитет. Вена хулинчех 55 пин çемье хваттер çуккипе вокзалсенче, бомбоубежищесенче, парксенче пурăнать.

Пурнăç начар пирки халăх хушшинче туберкулезпа чирлесси сарăлса пырать, чирлесе вилекенсен хисепĕ çулсерен ÿсет. Хаçатсенче çырнă тăрăх, Линцри 10 пин шкул ачинчен 2 пин ача туберкулезпа, рахитпа тата ытти чирсемпе чирлеççĕ. Вилекенсен хисепĕ çуралакансен хисепĕнчен нумайрах. «Зюдо-ст-тагеспост» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, 1947 çулта Австрире 128 пин ача çуралнă пулсан, 1952 çулта вара 100 пин ача çеç çуралнă. Венăра кăçалхи март уйăхĕнче 1.000 ача яхăн çуралнă, çав вăхăтрах 2.400 çын вилнĕ.

Австри пуçлăхĕсем халăха хирĕçле политика тытса пыраççĕ. Çак политика Австрин экономикине пысăк сиен кÿрет, Австрин никама пăхăнманлăхне пĕтерсе хурать. Çавăнпа ĕнтĕ Австрири ĕççыннисем хăйсен час-часах пулса иртекен митингĕсемпе пухăвĕсенче, демонстрацисенче, парламента çырса паракан резолюцисемпе çырусенче çав политикăна хирĕç тăраççĕ, Австрин хĕвеланăç зонине милитаризацилессине чарса лартма ыйтаççĕ.

И. ПРОХОРОВ.

Редактор заместителĕ М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—Кизел хулинчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 4-мĕшĕнче «Поэма о любви» (3 пайлă трагеди).

Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 4-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Павлинка», ытти сеанссенче—«Джамбул». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

«ЭЛЕКТРИК» КЛУБĔ—июлĕн 4-мĕшĕнче Кизел хулинчи драма театрĕн спектаклĕ «Олеся» (4 пайлă драма).

Спектакль 21 сехетре пуçланать.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01440 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.